ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Март
5
КĔÇНЕРНИКУН
№ 45 (8954)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# ПРАВИТЕЛЬСТВО ПĔЛТЕРНИ

## ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Иосиф Виссарионович СТАЛИН юлташ чирлени çинчен

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ пирĕн партипе пирĕн халăх умне пысăк хурлăх тухса тăни çинчен—И. В. Сталин юлташ йывăр чирлени çинчен пĕлтереççĕ.

Мартăн 2-мĕшĕ умĕн çĕрле Сталин юлташăн, вăл Мускавра хăйĕн хваттерĕнче пулнă чухне, пуç мимине юн кайнă, юн кайни пуç мимин пурнăçшăн питех те кирлĕ пайĕсене сарăлнă. Сталин юлташăн тăн çухалнă. Сылтăм аллипе урине паралич пулнă. Вăл калаçайми пулнă. Чĕри начар ĕçлекен пулнă, сывласси йывăрланнă.

Сталин юлташа сыватма медицинăн чи лайăх çыннисене хутшăнтарнă: профессор-терапевт П. Е. Лукомский; СССР Медицина Наукисен Академийĕн действительнăй членĕсем: профессор-невропатолог Н. В. Коновалов, профессор-терапевт А. Л. Мясников, профессор-терапевт Е. М. Тареев; профессор-невропатолог И. Н. Филимонов; профессор-невропатолог Р. А. Ткачев; профессор-невропатолог И. С. Глазунов; доцент-терапевт В. И. Иванов-Незнамов. Сталин юлташа сыватас ĕçе СССР Сывлăх министрĕ А. Ф. Третьяков юлташ тата Кремльти Лечебно-Санитарнăй Управлени начальникĕ И. И. Куперин юлташ ертсе пыраççĕ.

Сталин юлташа сыватас ĕçе КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тăтăшах сăнаса тăраççĕ.

Сталин юлташăн сывлăхĕ йывăр пулнă пирки КПСС Центральнăй Комитечĕ тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ паянтан пуçласа Иосиф Виссарионович Сталин сывлăхĕ çинчен медицина бюллетенĕсем кăларса тăма кирлĕ тесе йышăннă.

* * *

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ, пирĕн пĕтĕм парти пекех, пирĕн пĕтĕм совет халăхĕ пекех, Сталин юлташ йывăр чирленĕ пирки ертсе пырас ĕçе хăшпĕр таран нумай вăхăт хушши хутшăнма пултарайманнин пĕтĕм пĕлтерĕшне ăнланаççĕ.

Центральнăй Комитет тата Министрсен Совечĕ партипе çĕршыва ертсе пырас ĕçре Сталин юлташ государствăпа парти ĕçне ертсе пырассинчен вăхăтлăха уйрălнипе çыхăнса тăракан пĕтĕм лару-тăрăва питĕ тимлĕн шута илеççĕ.

Центральнăй Комитет тата Министрсен Совечĕ çакна шанса тăраççĕ: пирĕн парти тата пĕтĕм совет халăхĕ çак йывăр кунсенче нихçанхинчен те пĕрлĕхлĕ тата пĕтĕçуллĕ пулĕç, çирĕп ăс-хакăллă тата сыхăлăхлă пулĕç, хамăр çĕршывра коммунизм тăвас ĕçре темиçе хут ытларах вăй хурса кĕрешĕç, Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет Союзĕн Правительстви тавра татах та тачăрах пĕтĕçĕç.

**Совет Союзĕнчи Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитечĕ.**

**ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ.**

1953 çулхи мартăн 3-мĕшĕ.

# И. В. СТАЛИН сывлăхĕ

## 1953 çулхи мартăн 4-мĕшĕнче 2 сехет тĕлне мĕнле пулни çинчен пĕлтерекен

# БЮЛЛЕТЕНЬ

1953 çулхи мартăн 2-мĕшĕ умĕн çĕрле И. В. Сталинăн пуç мимине сасартăк юн кайнă, юн кайни пуç мимин пурнăçшăн питех те кирлĕ пайĕсене сарăлнă, çавăн пирки сылтăм урипе сылтăм аллине паралич пулнă, вăл тăн çухатнă, калаçайми пулнă. Мартăн иккĕмĕшĕнче тата виççĕмĕшĕнче сывламалли тата юн çўремелли пăсăлнă функцисене сыватма тивĕçлĕ мерăсем йышăннă, анчах вĕсем халлĕхе палăрмалла улшăнусемех тăвайман-ха. Мартăн тăваттăмĕшĕнче иккĕ сехет тĕлне И. В. Сталин сывлăхĕ çаплах йывăр пулнă. Сывласси чылай начарланни сисĕнет: минут хушшинче 36 хут сывласа илет, тикĕс мар сывлать, вăхăтран вăхăта сывлайми пулать. Юн тымарĕ тапни хăвăртланни палăрать, минутра 120 хута çити тапать, чĕре тапнин ритмĕ пăсăлнă; юн таппи—чи пысăкки 220, чи пĕчĕкки—120. Температура 38,2. Сывласси тата юн çўрессипăсăлнă пирки кислород çителĕксĕрри палăрать. Пуç мими ĕçлесси пăртак начарланнă.

Хальхи вăхăтра организмăн пурнăçшăн питех те кирлĕ функцийĕсене сыватас тĕлĕшпе терапи енĕпе чылай ĕçсем тăваççĕ.

**СССР Сывлăх министрĕ А. Ф. ТРЕТЬЯКОВ.**
**Кремльти Лечсанупр начальникĕ И. И. КУПЕРИН.**
**СССР Сывлăх министерствин главнăй терапевчĕ профессор П. Е. ЛУКОМСКИЙ.**
**Медицина Наукисен Академийĕн действительнăй членĕ профессор Н. В. КОНОВАЛОВ.**
**Медицина Наукисен Академийĕн действительнăй членĕ профессор А. Л. МЯСНИКОВ.**
**Медицина Наукисен Академийĕн действительнăй членĕ профессор Е. М. ТАРЕЕВ.**
**Профессорсем И. Н. ФИЛИМОНОВ, И. С. ГЛАЗУНОВ, Р. А. ТКАЧЕВ.**
**Доцент В. И. ИВАНОВ-НЕЗНАМОВ.**

## И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем" ятлă произведенине ăнлантарса параççĕ

ЯКУТСК, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Якут АССР-ĕнчи Кобяй, Чурапча, Оймякон, Олекминск районĕсене тата ытти инçетри районсене КПСС обкомĕн лекторĕсем кайнă. Вĕсем И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ çинчен лекцисем вуласа параççĕ.

Сталин юлташăн генийлĕ произведенине вĕренес ĕç анлă сарăлать. Якутск хулинче кăна 13 кружок тата ялан ĕçлекен 11 семинар организациленĕ. СССР Наука академийĕн Якутири филиалĕнче 6 семинар ĕçлет, вĕсенче наука работникĕсем 50 çын ытла вĕренеççĕ.

Партин хула комитечĕн библиотекинче, педагогика институтĕнче, хулари предприятисемпе учрежденисенче Сталин юлташăн произведенине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем валли пĕрмаях лекцисем вуласа параççĕ. Çак генийлĕ произведени пичетленсе тухнăранпа хулара 70 лекци ытла иртернĕ.

## Çĕршыври вата училищĕре

Мускаври Н. Э. Бауман ячĕпе тăракан техникăллă аслă шкулта дипломлă проектсене хўтĕлесси вĕçленнĕ. Çĕршыври çак техникăллă вата училище кăçал машиностроенипе приборостроени, шăратмалли тата тимĕр шăратса çыпăçтармалли технологи специалисчĕсем, конструкторсем 800 çынна яхăн вĕрентсе кăларать.

Нумай проектсене промышленность заданийĕсем тăрăх туnă. Вĕсем практика тĕлĕшĕнчен пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Металловедени кафедрин студенчĕ, сталинла стипендиат Б. Г. Парфенов пĕчĕк йышши детальсене хĕртмелли автоматла установка проектне туса хатĕрленĕ. Ăна пысăка хурса хак панă, унпа Мускав облаçĕнчи Подольскри механически заводра усă курма пуçланă.

Машиностроени технологийĕн кафедринчи студентсем, сталинла стипендиатсем В. Ф. Смоляковпа А. А. Чекмарев автоматла машина конструкцине туса хатĕрленĕ. Училищĕрен вĕренсе тухакан Ю. А. Бочаров çĕнĕ йышши хăватлă тимĕрçĕ пресĕн проектне хатĕрленĕ. Автомобильсен кафедрин студенчĕ И. К. Оленев лесовоз проекчĕ хатĕрленĕ. Дипломлă ĕçсене промышленноçăн тĕрлĕ отраслĕсенчи предприятисем усă курма йышăннă. (ТАСС).

## Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ умĕн

КИЕВ. Хулари нумай предприятисен цехĕсенче агитаторсем Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ çинчен калаçусем ирттереççĕ. Библиотекăсенче выставкăсем уçнă. Выставкăсенчи нумай материалсем совет хĕрарăмĕсем пирĕн çĕршывра наукăна, литературăна, искусствăна аталантарас ĕçе, халăха вĕрентес ĕçе, сывлăха сыхлас ĕçе хутшăнни çинчен каласа параççĕ. Леся Украинка ячĕпе тăракан библиотекăри выставкăн пĕр пайĕнче «Корейăри вăрçăра çапăçакан паттăр хĕрарăмсем çинчен, миршĕн кĕрешекен паллă çынсем—«Халăхсем хушшинчи мире тĕреклетнĕшĕн» пĕтĕм тĕнчери Сталинла преми илнĕ Моника Фелтон, Анна Зегерс, Элиза Бранко çинчен каласа паракан материалсене пухнă.

ЧИКМЕНТ. Предприятисенче, колхозсенче, машина-трактор станцийĕсенче тата совхозсенче агитаторсем 15 пин çын ытла Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ çинчен калаçусем иртереççĕ. Культурăпа çутĕç учрежденийĕсем мартăн 8-мĕшне уявлама тимлĕ хатĕрленеççĕ. Культура çуpчĕсенче, клубсенче, библиотекăсенче, вулав çурчĕсенче тата хĕрлĕ юртăсенче совет хĕрарăмĕсен телейлĕ пурнăçĕпе паллаштаракан фотовитринăсем тунă. Туркестан узелĕнчи железнодорожниксен клубĕнче «ССР Союзĕнчи хĕрарăмсем миршĕн кĕрешес ĕçре» темăпа фотоўкерчĕксен витрини тунă.

Мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС).

Февралĕн 20-мĕшĕ

# Вăрман хатĕрлемелли стахановла уйăхлăх

Мартăн 20-мĕшĕ

## Коммунистсем пуçарнипе

КОМСОМОЛЬСКИ. Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне малалла аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе панă директивăсенче вăрман промышленноçĕ умнĕ пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Çак задачăсене ăнăçлăн пурнăçлас ĕçре колхозсем те пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Çакна лайăх ăнланса, пирĕн колхозри колхозниксем вăрман хатĕрлевне активлă хутшăнчĕç. Колхоз вăрман хатĕрлемелли плана кĕске срокра тултарчĕ, Тăван çĕршыва заданирен ирттерсе чылай йывăç хатĕрлесе пачĕ.

Çак çитĕнĕве мĕнле майпа тума пултарчĕç-ха пирĕн колхозниксем?

Сезон пуçлансанах, вăрман хатĕрлевĕ çинчен коммунистсен пухăвĕнче сўтсе яврăмăр. Пуху государство заданине кĕске срокра ирттерсе пурнăçлама йышăнчĕ. Пуху колхоз председательне—парти членне С. Шаринкин юлташа конкретлă кăтартусем пачĕ, А. Митрофановпа Е. Федотов коммунистсене касна йывăçа турттарма уйăрчĕ. Бригадăна ертсе пыма çак ĕçре пысăк опыт туяннă Н. Шатов юлташа палăртрĕ. Ку ыйтăва комсомолецсемпе çамрăксен пухăвĕнче пăхса тухрĕç. Пуху вăрмана комсомолецсемпе çамрăксен бригадине яма йышăнчĕ.

Колхоз председателĕ С. Шаринкин юлташ вăрман хатĕрлевĕпе куллен интересленчĕ, ĕçри çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерсе пыма тăрăшрĕ. Н. Шатов бригадир вăрман хатĕрлекенсен ĕçне тĕрĕс йĕркелерĕ. Вăрманта 17 çын çуран, 6 çын лавпа тата пĕр автомашина ĕçлерĕ.

А. Митрофановпа Е. Федотов коммунистсен тата комсомолецсен примерĕпе колхозниксем ĕç нормине ăнăçлă тултарса пычĕç. И. Архипов шофер 12—14 километр хушшинче кунне виçшер хутларĕ, 10—11 фестметр вырăнне 13—15-шер фестметр турттарса кăларчĕ. Лавçăсем ултă километр хушшине кунсерен виçшер хутларĕç.

Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана 1952 çулхи декабрĕн 28-мĕшĕ, турттарса кăлармалли плана 1953 çулхи январĕн 23-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. Вăрманта уйрăмах О. Тимофеева, А. Смирнова, Е. Баранова, Н. Хайрутдинов, И. Емельянов, Т. Башкиров юлташсем паха тĕслĕх кăтартрĕç. А. Митрофановпа Е. Федотов коммунистсем колхозниксене хаçат-журнал тăтăшах вуласа пачĕç, малта пыракансен опычĕпе паллаштарса тăчĕç, ăмăрту итогĕсене куллен пĕлтерсе пычĕç.

**А. ЕМЕЛЬЯНОВ,**
**«Красное Сормово» колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ.**



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: **Йĕпреç вăрманпромхозĕн Дубравнăй вăрман участокĕнчи тракторист-трелевщиксем (сулахайран сылтăмалла) И. Я. Моисеев, И. Г. Зюзин, И. Г. Казаков тата В. Я. Куликов. Вĕсем ĕç нормине ирттерсе тултараççĕ.**

Г. ЗИНЬКОВ фотоўкерчĕкĕ.

## Плана кашни колхоз тултартăр

ПЕРВОМАЙСКИ. Малта пыракан колхозсем стахановла уйăхлăха активлă хутшăнчĕç. «Пионер», Шверник ячĕпе тăракан колхозсем йывăç касмалли тата касна йывăçа турттарса кăлармалли плана ирттерсе тултарчĕç, çул хĕррине илсе тухмалли плана çак кунсенче тултараççĕ. Асăннă колхозсен председателĕсем Р. Сынгаровпа Т. Тимофеева юлташсем вăрманта тăтăшах пулаççĕ, ĕçри чăрмавсене çийĕнчех пĕтерме пулăшаççĕ. «Алга», «Красная поляна», Калинин ячĕпе тăракан, «Сталинград», «Путь социализма» колхозсем те государство заданине ирттерсе пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ.

Первомайски вăрманпромхозри Г. Овчинников шофер 1952 çулхи ĕç нормине 207 процент тултарнă. Халĕ вăл куллен 30—35 фестметр йывăç турттарса кăларать, нормăна 130—135 процент таран тултарать. В. Фадеев, М. Чужайкин, Г. Белоусов, Ф. Илюшкин шоферсем те нормăна куллен 125 процент таран тултарса пыраççĕ.

А. Чужайкин лавçă 1952 çулхи нормăна чылай ирттерсе тултарнă. Стахановла уйăхлăха хутшăнса, вăл нормăна 140—160 процент тултарать. И. Кирюхин, Н. Рузавина, П. Чебоксарев, М. Минин, А. Шарипов грузчиксем те тухăçлă ĕçлеççĕ.

Районти хăшпĕр колхозсем вăрманта япăх ĕçлеççĕ. «Большевик» колхоз йывăç касмалли плана çурри ытларах, турттарса кăлармалли плана 31 процент çеç тултарнă, касна йывăçа çул хĕррине илсе тухма пачах пуçăнман. Колхоз правленийĕ (председателĕ Ф. Гаврилов юлташ) колхозниксене ертсе пыма ответлă çын уйăрса ямасть. Колхозниксем пĕр самантлăха ĕçлеççĕ те, пăрахса тухаççĕ. Çапла вара колхозран эрни-эрнипех никам та вăрманта ĕçлекен çук.

Хрущев ячĕпе тăракан колхоз йывăç касмалли плана 32 процент, турттармалли плана 38 процент, çул хĕррине илсе тухмалли плана 1,6 процент çеç тултарнă. Колхоз председателĕ А. Косойкин юлташ государство заданине пурнăçлас тĕлĕшпе ответлăха туймасть. Ăна райсовет исполкомĕ темиçе хутчен те чĕннĕ, анчах вăл райисполкома пымасть.

— Мĕн тумаллине хамах пĕлетĕп,—тесе ответлет вăл исполкомран чĕнсен.

Райсовет исполкомĕпе ял Совечĕсен стахановла уйăхлăха пур колхозсене те хутшăнтарма, колхозниксен активлăхне ўстерсе пыма тăрăшмалла.

# Культурăллă-массăллă ĕçе çўлĕ пусăма

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви совет çыннисен политикăллă тата культурăллă шайне ўстерессине пĕрмаях пысăка хурса хакланă, хаклаççĕ те. Пирĕн çĕршывра кашни çын вĕренме, хăйĕн квалификацине ўстерме, культурăллă канма пултарать.

Сталинла пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче республикăра вăрман хатĕрлекенсем валли çĕнĕ поселоксем лартнă. Чылай рабочисен килĕсене радио, электричество кĕртнĕ. «Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан вăрманпромхозсенче 14 клуб, 34 хĕрлĕ кĕтес, 14 библиотека, 9 кинопередвижка пур. Профсоюз организацийĕсем культурăллă-массăллă ĕçсем иртерме çулсерен çĕршер пин тенкĕ укça расходлаççĕ.

Ĕçленĕ хыççăн рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем клубсемпе хĕрлĕ кĕтессене, библиотекăсене çўреççĕ. Интереслă доклад е лекци, совет халăхĕ коммунизм строительствинче, хастарлă ĕçлени çинчен калакан кинокартина, спектакльсемпе концертсем ĕççыннисен активлăхне ўстереççĕ.

Республикăра лайăх ĕçлекен клубсемпе хĕрлĕ кĕтессем çук мар. Анчах халлĕхе вĕсем япăх ĕçлеççĕ, вăрман хатĕрлекенсен культурăллă ыйтăвĕсене кирлĕ пек тивĕçтермеççĕ. Хăшпĕр рабочкомсем тата вăрманпромхоз директорĕсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсем культурăллă учрежденисен ĕçĕпе сахал интересленеççĕ. Клубсенче Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем, И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем», тĕнчери лару-тăру çинчен лекцисемпе калаçусем сахал иртереççĕ.

Йĕпреç вăрманпромхозĕнчи рабочисем Чернореченски клуб япăх ĕçленĕшĕн пăшăрханаççĕ. Вĕсем пиллĕкмĕш пилĕкçулăх планĕпа, вăрман промышленноçĕн малашлăхĕпе интересленеççĕ. Анчах клубра çак ыйтусем тăрăх докладсемпе калаçусем иртермеççĕ. Чылай рабочисемпе служащисем съезд материалĕсене, съездра И. В. Сталин юлташ тухса каланă сăмаха вĕренеççĕ. Консультацисемпе лекцисем иртерни вĕсене тарăнрах вĕренме пулăшнă пулĕччĕ, анчах кунта çак ĕçе йĕркелемеççĕ.

Хăшпĕр вăрманпромхоз директорĕсемпе вăрман пунктĕсен начальникĕсем рабочисемпе служащисем валли ĕç хыççăн культурăллă канма паха майсем туса пама тăрăшмаççĕ. Çĕмĕрле вăрманпромхозĕн Саланчăкри клубра йĕркелĕх çук. Кăмакине юсаман пирки клуб нумайччен ĕçлемен. Клуб заведующийĕ Бокова юлташ çавăнпа килĕшсе пурăннă, кăмакана çийĕнчех юсаттарма тăрăшман.

Рабочисемпе колхозниксем кино курма юратаççĕ. Вĕсем уйрăмах вăрман промышленноçĕнчи стахановецсемпе рационализаторсен опычĕпе интересленеççĕ. Анчах нумай клубсенче кино кăтартас ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен. Главкинопрокат кантурĕ вăрман хатĕрлекенсен ĕçĕпе пурнăçне кăтартакан киножурналсем сахал кўрсе килет.

Кашни клубра музыка инструменчĕсем пур. Профсоюз организацийĕсем çулсерен балалайкăсем, гитарăсем, хут купăссем тата ытти инструментсем нумай туянаççĕ. Урăхла каласан, клубсенче художествăллă пултарулăх кружокĕсем организациleме, концертсем иртерме паха майсем пур. Çав паха майпа чылай çĕрте кирлĕ пек усă курмаççĕ, клубсенче художествăллă пултарулăх коллективĕсем лартакан спектакльсемпе концертсене сайра хутра çеç курма пулать.

Вăрманпромхозсенчи библиотекăсенче 14 пин ытла кĕнеке. Рабочисемпе служащисем библиотекăран кĕнеке илсе вулаççĕ. Ку паха тĕслĕх. Инçетри поселоксемпе общежитисенче пурăнакан рабочисем библиотекăсем çĕнĕ кĕнекесем туяннине пĕлмеççĕ, кĕнекесене вăхăтра улăштарма пултараймаççĕ. Библиотека работникĕсен, рабочкомсен рабочисем пурăнакан поселоксемпе общежитисене кĕнеке тăратас, куçса çўрекен библиотека тăвас ĕçе йĕркелемелле.

Клубсемпе хĕрлĕ кĕтессем çителĕксĕр ĕçленĕшĕн вăрман промышленноçĕпе сулă юхтаракан рабочисен профсоюз обкомĕ те ответлă. Вăл культурăллă учрежденисен ĕçне ертсе пырас тĕлĕшпе рабочкомсен пултарулăхне вăйлатма тăрăшмасть, малта пыракан клубсемпе хĕрлĕ кĕтессен, библиотекăсен опытне пĕтĕçтерсе сармасть.

Вăрманпромхозсенче инженерсемпе техниксем, рабочисен поселокĕсенче—учительсемпе медицина работникĕсем сахал мар. Рабочкомсемпе профгруппоргсен çав специалистсене культурăллă-массăллă ĕçе активлăрах хутшăнтарма тăрăшмалла.

Халĕ республикăра вăрман хатĕрлемелли стахановла уйăхлăх пырать. Уйăхлăх вăхăтĕнче клубсемпе хĕрлĕ кĕтессен тата библиотекăсен хăйсен ĕçне уйрăмах вăйлатмалла. Вăрман хатĕрлеме пыракан колхозниксем, куллен çĕнĕ хаçат-журналсем вулама, докладсемпе лекцисем итлеме, кинокартинăсемпе спектакльсем курма, концертсем, радио итлеме пултарччăр. Агитаторсем, пропагандистсем тата коммунистсем коммунизмăн аслă стройкисем, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра вăрман промышленноçĕ умĕнче тăракан задачăсем, тĕнчери лару-тăру çинчен рабочисемпе колхозниксене тарăнăн ăнлантарса пама тивĕçлĕ. Вăрман хатĕрлекенсем çĕршыв ĕçĕпе пурнăçне пĕрмаях лайăх пĕлсе тăмалла тăвас пулать.

Клубсемпе хĕрлĕ кĕтессем производство новаторĕсен опычĕпе меслетне сарас тĕлĕшпе те пысăк ĕçсем туса пыма пултараççĕ, тумалла та. Библиотекăсенче Сталинла преми лауреачĕсен опычĕ çинчен çырнă кĕнекесен, стахановецсен меслечĕпе паллаштаракан плакатсем пулччăр. Стахановецсемпе рационализаторсен доклачĕсемпе лекцийĕсене рабочисем туллин кăмăлпа итлеççĕ. Нумай çул ĕçлекен рабочисемпе çамрăксен тĕлпулăвĕсене иртерни паха опыта сарма, çамрăксен ăсталăхне ўстерсе пыма пулăшать.

Вăрман промышленноçĕнчи культурăллă учрежденисен хăйсен пĕтĕм ĕçне кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли государство планне ăнăçлăн тултарас тĕллеве пăхăнтарса туса пымалла.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Парторганизаци предприяти ĕçне тĕрĕслесе пырасси çинчен

Пирĕн çĕршывра политикăллă тата организацилле пысăк ыйтусене пурне те парти директивисем тăрăх татса парасçĕ. Парти черетре тăракан задачăсен характерĕпе содержанине палăртса парать, халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ участокĕсем пĕр-пĕринпе çыхăнса тата усăллă тĕллевпе ĕçлесе пымалла тăвать.

Хуçалăха партиллĕ меслетпе ертсе пырасси вăл хуçалăх органĕсене çирĕплетмеллине, вĕсене пулăшса пымаллине, вĕсем партипе правительство директивисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тăмаллине пĕлтерет. Хуçалăха партиллĕ меслетпе ертсе пырасси парти членĕсем партин директивисене пурнăçлассишĕн активлă кĕрешни çине таянса тăрать. Çавăнпа та ĕнтĕ партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă Уставра çапла каланă:

«Парти членĕ... парти решенийĕсене пурнăça кĕртессишĕн активлă кĕрешекен боец пулмалла. Парти членĕшĕн парти решенийĕсемпе килĕшни çеç çителĕксĕр, парти членĕ çав решенисене пурнăça кĕртессишĕн кĕрешме тивĕç. Коммунистсем парти решенийĕсем тĕлĕшпе хăйсене пассивлă тата формально тытни партин кĕрешÿри пултарулăхне хавшатать, çавăнпа та хăйсене ун пек тыткалакансем парти ретĕнче пулма тивĕçлĕ мар...»

Партин вырăнти организацийĕсем партипе правительство директивисене хуçалăх руководителĕсем мĕнле пурнăçласа пынине тĕрĕслесе тăнипе, хуçалăх ĕçĕнчи кадрсене вĕрентсе ÿстернипе, хуçалăха социализмлă меслетпе тытса пырас опыта пĕтĕçтернипе, малта пыракансен опытне сарнипе тата ытти майсемпе те хуçалăх ĕçĕсене лайăхлатма пулăшаççĕ. Анчах та, çаксемпе пĕр вăхăтрах, хуçалăх ĕçĕсене лайăхлатмалли тĕп май вăл—партиллĕ-политикăллă ĕç, ĕçсыннисен анлă массисене хуçалăх строительствине активлăн тата ăнлануллăн хутшăнтарни пулса тăрать.

Хуçалăхри çитĕнÿсем, тет Сталин юлташ, вĕсем çирĕп пуласси тата нумай вăхăта пырасси пĕтĕмпех партиллĕ-организацилле тата партиллĕ-политикăллă ĕçри çитĕнÿсенчен килеççĕ.

Производствăри пуçламăш парторганизацисен рольне тата предприятисен ĕçĕшĕн вĕсен ответлăхне ÿстермешкĕн çав организацисене предприяти администрацийĕсен ĕçне тĕрĕслесе тăма право параççĕ. Çакă вăл парторганизацисем хуçалăх ĕçĕсене лайăхлатма пулăшмалли питĕ паха май пулса тăрать.

Пуçламăш парторганизаци предприяти администрацийĕн ĕçне тĕрĕслесе тăмалли правăна лайăх пурнăçласа пынă çĕрте хуçалăх ĕçĕсем яланах ăнăçлă пыраççĕ. Предприяти ĕçĕнче çитменлĕхсем пулассине пуринчен малтан парторганизацисем производствăри ĕçсене япăх ертсе пынинчен килет.

Хăшпĕр хозяйственниксем, пĕр майпа продукци туса кăларма хăнăхса çитнĕ хыççăн, çĕнĕ майсемпе усă курма васкамаççĕ. Парторганизаци, паллах, çакăнпа килĕшсе тăма пултараймасть. Унăн ĕç тухăçлăхне ÿстерме, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетме пулăшакан çĕнĕ майсемпе производствăра хăвăртрах усă курассишĕн кĕрешмелле.

Сĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатне 1951 çулта виççĕмĕш цех туса кăларакан продукцие нумай ÿстерме задани панă. Унччен ку цех плана тултарса пырайман. Вăл вăхăтра ĕç тухăçлăхĕ мĕнле шайра пулнине шута илсен, çав задание пурнăçлама тепĕр цех туса лартмалла пулнă. Комбинат администрацийĕ, плана тултарайманнине кура, ăна тепĕр хут пĕчĕкрех задани парасса шанса тăнă. Пуçламăш парторганизаци бюровĕ дирекци çавăн пек шут тытнине çийĕнчех сивленĕ. Инженерсемпе, техниксемпе, цех руководителĕсемпе канашласа пăхнă хыççăн, партбюро çав цехра конвейер тума кирлине палăртнă. Конвейерпа ĕçлес тĕлĕшпе пиллĕкмĕш цех ун чухнех паха опыт пухнă пулнă.

Виççĕмĕш цехра конвейер тăвас ыйтăва парти пухăвĕнче сÿтсе явнă. Пухура коммунистсем партбюро пуçарăвне ырласа йышăннă çеç мар, ăна хăвăрт туса çитерме пулăшакан конкретлă сĕнÿсем нумай панă.

Коллектив вăйне курса ĕненнĕ хыççăн, комбинат дирекцийĕ парти пухăвĕн решенине ĕçе кĕртме пуçăннă. Конвейер тунă хыççăн виççĕмĕш цех 1951 çулăн иккĕмĕш çур çулĕнче пĕрремĕш çур çултинчен виçĕ хут ытларах продукци туса кăларнă. Çапла вара пысăклатса панă задание ăнăçлă пурнăçланă. Çак тĕслĕх парторганизацин государство интересĕсемшĕн мĕнле кĕрешмеллине питех те лайăх кăтартса парать.

Пирĕн хăшпĕр хозяйственниксем чĕр таварпа материалсен запасне вырăнсăр нумай тытса усраççĕ. Теприсем тата ыранхи куншăн нимĕн чухлĕ те тăрăшмаççĕ, малашне кирлĕ пулакан япаласене сÿлтен ярса парасса кĕтсе пурăнаççĕ. Çаксем вара иккĕшĕ те плана ăнăçлă тултарма чăрмантараççĕ. Парторганизаци çакăн пек йăнăшсене вăхăтра асăрхама тивĕçлĕ.

Кадрсемшĕн тăрăшасси, вĕсен пĕлĕвĕсене ÿстересси тата пурнăçпа ĕçлемелли условийĕсене лайăхлатса пырасси—администрацин пĕрремĕш тивĕçĕ. Хозяйственниксем пуриншĕн те паллă çак чăнлăха манаççĕ пулсан, парторганизаци татăклă мерăсем йышăнма тивĕçлĕ. Администраци кадрсем çине чунсăррăн пăхнипе парторганизаци килĕшсе тăма пултараймасть.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхри пысăк задачăсем парторганизацисене государство интересĕсемшĕн тимлĕн кĕрешме хушаççĕ. Чăнах та, парторганизаци администрацин оперативлă ĕçĕсене хутшăнмасть. Анчах, ăна администраци ĕçĕсене тĕрĕслесе тăма право панă пулсан, вăл администрацие ĕçри йăнăшсене тÿрлетме, предприятие парти директивисенче кăтартса панă пек ертсе пыма хушмалла. Çавăнпа пĕр вăхăтрах, хуçалăх ĕçĕн пĕр-пĕр участокĕнче çитменлĕхсем палăрсан, парторганизацин çав участокра хăйĕн ĕçне ытларах лайăхлатмалла, çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме пулăшмалла.

«Большевик» заводри пуçламăш парторганизаци бюровĕ, администраци ĕçне тĕрĕслесе тăнă май, завода юсама тата турбинăсене ревизи тума хатĕрленес ĕçре чылай çитменлĕхсем пуррине тупса палăртнă. Партбюро çак ыйтăва сÿтсе явса, администраци йăнăшсем тунине кăтартса панă, çавăнпа пĕрлех хăйĕн çитменлĕхĕсене те критикленĕ. Ун хыççăн ку ыйтăва парти пухăвĕнче сÿтсе явнă, юсав ĕçне хăвăртрах хатĕрленме пулăшакан майсене палăртнă. Анчах та парторганизаци администраци ĕçĕнчи çитменлĕхсене тупса палăртнипе кăна лăпланман. Вăл партиллĕ-политикăллă ĕçе вăйлатасси, ĕç дисциплинине çирĕплетесси çине те тимлĕн пăхнă. Администраци йăнăшĕсене тÿрлетни, партиллĕ ĕçе вăйлатни завода планпа палăртнинчен икĕ кун малтан юсаса пĕтерме май панă.

Парторганизаци администраци ĕçне тĕрĕслесе тăрасси вăл пĕтĕм общественность çине таянса тăмаллине пĕлтерет. Партбюро тата унăн секретарĕ пысăк предприятире мĕн пулса пынине пурне те пĕлсе тăма пултараймаççĕ. Парторганизацие пĕтĕмĕшпе илсен вара,— унран нимĕн те пытанса юлаймасть.

Тĕрĕс ертсе пыма руководительсен опычĕ çеç çителĕклĕ мар, руководительсен опытне массăсен опычĕпе пĕрлештерес пулать, тесе вĕрентет Сталин юлташ.

Парторганизаци администраци ĕçне тĕрĕслесе тăма пĕтĕм общественноçа хутшăнтармасть, çак ĕçе активистсен пысăк мар ушкăнĕпе кăна туса пыма тăрăшать пулсан, ăнăçлăн пулма пултараймасть. Акă пĕр тĕслĕх. Йывăçран тĕрлĕ япаласем тăвакан заводри хозяйственниксем нумай вăхăт хушши плана тултарайманни материалсем çитменнинчен килет тесе ĕнентерсе пурăннă. Парторганизаци завод плана тултарайманни чăннипе мĕнрен килнине тĕпчесе пĕлме тата практикăллă выводсем тума тивĕçлĕ пулнă ĕнтĕ. Анчах партбюро (секретарĕ Тренев юлташ) заводра чăннипе ĕç мĕнле пынине, материалсене учета илмесĕр расходланине, ĕçе япăх организацилениine, дисциплина начар пулнине, бракпа кĕрешменнине, оборудованипе çителĕксĕр усă курнине вăхăтра тупса палăртайман. Партбюро администраци ĕçне тĕрĕслес ĕçе мĕнпур коммунистсене хутшăнтарнă пулсан, вĕсем хозяйственниксен йăнăшĕсене туллин уçса кăтартма, ĕçе лайăхлатма пулăшакан майсене тупса палăртма пулăшнă пулĕччĕ.

Парти организацийĕ предприяти администрацийĕн ĕçне тĕрĕслесе тăни хуçалăх планĕсене тултарассишĕн тата иртерсе тултарассишĕн, производствăри мĕнпур резервсемпе усă курассишĕн кĕрешмелли паха май пулса тăрать. Унăн вăйĕпе пĕлтерĕшĕ акă мĕнре: вăл хуçалăх ĕçĕсене пĕрмаях лайăхлатса пырас ĕçре пĕтĕм коллективăн опычĕпе тата пĕлĕвĕсемпе усă курма, аппаратăн оперативлăхне ÿстерме пулăшать. Çавăнпа пĕрлех вăл рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен политикăллă тата производствăллă активлăхне ÿстерет, вĕсене предприяти, цех, участок ĕçĕшĕн хăйсен ответлăхне туйса тăма вĕрентет.

Парторганизацисен администраци ĕçне тĕрĕслесе тăраççине тарăнăн тата пур енĕпе те тĕплĕ туса пымалла. Акă, техникăпа усă курассине илер. Парторганизаци секретарĕсем çак ыйтăва çиелтен кăна пăхса тухни час-часах палăрать. Пирĕн предприятисенче техникăпа усă курасси çинчен нумай калаççĕ, анчах та чылай чухне предприятире техникăпа усă курассине мĕнле майпа лайăхлатма май пуррине. производствăра çĕнĕ технологипе усă курассине парторганизацисем лайăх тĕпчесе пĕлмеççĕ.

Йывăçран япаласем тăвакан завод дирекцийĕпе партбюро механически цех валли çĕнĕ станоксем илес ыйтăва çивĕччĕн лартрĕç. Ку ыйтăва лартма кирлĕ. Анчах цехра оборудованипе мĕнле усă курнине парторганизаци лайăх тĕпчесе пĕлнĕ пулсан, вăл пысăк резервсем тупма пулăшнă пулĕччĕ.

Пуçламăш парторганизаци предприяти администрацийĕн ĕçне тĕрĕслесе тăрасси партиллĕ-массăллă ĕçе анлăн туса пырсан çеç ăнăçлă пулма пултарать. Районти нумай предприятисем производство планне ăнăçлă тултарса пыни вĕсенчи парторганизацисем рабочисен, инженерсемпе техниксен активлăхĕпе пуçарулăхне пĕрмаях ÿстерсе пынинчен, вĕсем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарса янинчен килет.

Предприяти администрацийĕн ĕçне тĕрĕслесе тăрас правăна пурнăçласа пыма парторганизацисен кашни коммуниста активлă хутшăнтармалла. Парти членĕсемпе кандидачĕсене, партире тăман активистсене производствăри çитменлĕхсене хăюллăн критиклеме, ĕçе лайăхлатма сĕнÿсем пама анлă майсем туса памалла тата вĕсен усăллă сĕнĕвĕсене пĕр тăхтаса тăмасăр пурнăçласа пымалла.

**А. РЕЧНОВ,**
**КПСС Сĕмĕрле райкомĕн секретарĕ.**

## Çуракине тĕплĕн хатĕрленер!

**ЧĂВАШ АССР-ĕнчи РАЙОНСЕНЧЕ ТИСЛЕК КĂЛАРАС, ХИРТЕ ЮР ТЫТАС ĔÇСЕМ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА**
**Мартăн 1-мĕшĕ тĕлне (процентпа)**

| РАЙОНСЕМ | Тислĕк кăларнă | Юр тытнă |
|---|---|---|
| 1. Вăрнар | 27 | 37,4 |
| 2. Комсомольски | 19,3 | 25,7 |
| 3. Первомайски | 18,5 | 16,1 |
| 4. Вăрмар | 18,3 | 65,9 |
| 5. Сĕнтĕр | 18 | 3,8 |
| 6. Шăхасан | 16,9 | 98,5 |
| 7. Етĕрне | 16,1 | 22,2 |
| 8. Красноармейски | 15,8 | 64,4 |
| 9. Муркаш | 15,3 | 40,9 |
| 10. Советски | 14,7 | 51,4 |
| 11. Чкаловски | 13,9 | 35,1 |
| 12. Октябрьски | 13,5 | 44,4 |
| 13. Чурачăк | 13 | 72,8 |
| 14. Улатăр | 12,8 | 17 |
| 15. Ишлей | 12 | 30 |
| 16. Калинино | 12 | 42,7 |
| 17. Элĕк | 11,1 | 41,3 |
| 18. Кувакино | 11,1 | 24,8 |
| 19. Канаш | 11 | — |
| 20. Тăвай | 10,9 | 5,2 |
| 21. Çĕрпÿ | 10,2 | 17,9 |
| 22. Шупашкар | 10 | 52,2 |
| 23. Сĕнтĕрвăрри | 9,7 | 27,2 |
| 24. Йĕпреç | 9,1 | 75,7 |
| 25. Шăмăршă | 8,4 | 36,2 |
| 26. Пăрачкав | 8,4 | 12,6 |
| 27. Çĕмĕрле | 8 | 40,2 |
| 28. Куславкка | 7,1 | 33 |
| 29. Хĕрлĕ Чутай | 6,6 | 74,4 |
| 30. Елчĕк | 4,4 | 80 |

### НИЛОВ КОМСОМОЛЕЦĂН ХАКЛĂ ПУÇАРĂВĔ

Элĕк МТС-ĕнчи В. Нилов комсомолец, социализмлă ăмăртăва хутшăнса, токарнăй станокпа сменăри ĕç нормине 130—150 процент, хăшпĕр чухне тата та ытларах тултарать.

Хастарлă комсомолец ДТ-54 маркăллă тракторсене юсас ĕçре паха сĕнÿ пачĕ. Двигательсен поршенĕсене улăштарма МТС-ра та, «Главтракторосбыт» складĕнче те мĕн кирли пулман. Çак чăрмăва çĕнтерме Нилов юлташ пулăшрĕ. Вăл поршеньсене шăратса ямалли форма туса хатĕрлерĕ. Ун меслечĕпе шăратса тунă поршеньсем çирĕп те паха, заводра тунă поршеньсенчен нимĕн чухлĕ те кая мар.

**А. СТЕПАНОВ.**

### КЛЕВЕРТАН ПЫСĂК ТУПĂШ

ЙĔПРЕÇ. Пирĕн Крупская ячĕпе тăракан колхоз 1952 çулта клевертан пысăк тупăш илчĕ. 33 гектар çĕр лаптăкĕ çинчен пĕтĕмпе 56 центнер клевер вăрри пухса кĕртнĕ. Вăрлăх çителĕклĕ хывса хăварнă хыççăн, эпир государствăна клевер вăрри чылай патăмăр.

Колхоз агрономĕ И. Петров, уй-хир бригадирĕ А. Сергеев юлташсем тухăçлă клевер вăрри туса илессишĕн тăрăшса ĕçлерĕç. Клевер калчисене хлорлă калипе апатлантарнă, виçĕ хутчен çумкурăкĕнчен тасатнă.

Паха клевер вăрри туса панăшăн колхоза государство 275 центнер тырă, 83 пин тенкĕ укçа пачĕ.

1953 çулта клевертан тата ытларах тупăш илес тесе, колхоз минераллă удобренисем çителĕклĕ туянчĕ.

**Д. ВАСИЛЬЕВ,**
**колхоз председателĕ.**

### Тăрăшса хатĕрленеççĕ

ПĂРАЧКАВ. Ильич ячĕпе тăракан колхоз членĕсем 1953 çулта вăтам шутпа гектартан 100 пăт тĕштырă пухса илме, пур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне те чылай ÿстерме обязательство илчĕç.

1953 çулта колхозăн акмалли çĕр лаптăкĕ 400 гектара çитет, вăл шутран 250 гектар çине сурттри—тулă, пăрçа, вир, хуратул, вика акаççĕ. Суртри вăрлăхĕсем пĕтĕмпех хатĕр, вĕсене сортланă, триерпа тасатнă. Вăрлăхăн шăтаслăхĕ пысăк.

Суртри акмалли участоксенче кĕркуннех çĕртме туса хăварнă.

Тĕштырăсемпе пахча çимĕçсĕр пуçне, колхоз кăçал техникăллă культурăсем: йĕтĕн тата махорка туса илме тытăнать. Йĕтĕн акмалли çĕр лаптăкне 20 процент ÿстереççĕ. Йĕтĕн туса илме звеносем уйăраççĕ.

Уй-хире кашни кунах колхозниксем килĕсенчен, обществăллă выльăх-чĕрлĕх картишĕнчен ятарласа уйăрнă колхозниксем тислĕк кăлараççĕ. Кĕрхи тырăсене апат пама 30 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ, 20 центнер кĕл пухса хатĕрленĕ. 100 гектар çинче юр тытса хăварнă.

Тимĕрçĕ лаççинче çуракинче кирлĕ пулакан инвентаре юсаса пĕтерчĕç: пĕтĕмпе 3 сеялка, 20 плуг, 18 сÿре юсанă. Çак ĕçре тимĕрçĕ Л. Чиндин паха тĕслĕх кăтартрĕ.

Кăçал уй-хир ĕçне 70 процента çити механизациleме палăртнă. Ильич ячĕпе тăракан колхоз МТС-па договор турĕ, çак договор тăрăх МТС колхоза тракторсем тата комбайн парса пулăшать. Çăмăлтарах ĕçсенче колхозри туртăм вăйĕпе те усă кураççĕ. Лашасемпе, вăкăрсем валли çителĕклĕ таран силос тата утă-улăм хатĕрленĕ.

Колхоз правленийĕ иртнĕ çулхи ĕç нормисене пăхса тухрĕ, ĕç тухăçлăхĕ хăпарнă май, ĕç нормисене ÿстерме палăртрĕ. Çитĕс кунсенче çĕнĕ ĕç нормисене колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче пăхса тухса çирĕплетеççĕ.

**В. ТОНЫШЕВ.**

### Ответлăха туйман çĕрте

КРАСНОАРМЕЙСКИ. «Красное Сормово» колхозăн кăçал планпа кашни гектартан 15,2 центнер тĕштырă туса илмелле. Вăл шутран ыраш—16,5 центнер, çурхи тулă—14 центнер, пăрçа йышши культурăсем—13 центнер. Çĕрулми гектар пуçне 140 центнер пухса кĕртмелле. Государство планне ăнăçлăн пурнăçласси çуракине вăхăтра тата тĕплĕн хатĕрленсе çитнинчен, ăна хăвăрт та пысăк пахалăхпа иртернинчен килет. Колхоз çуракине мĕнле хатĕрленет-ха?

Малтан вăрлăхсем çинчен. Паянхи куна ака планне тултарма кантăр вăрлăхĕ чылай çитмест. Хуратул вăрлăхĕ пачах та çук. Уйрăмах колхоз руководителĕсем нумай çул ÿсекен курăксем акса тăвас ĕçе хакламаççĕ. Кăçал 30 гектар клевер акса хăвармалла. Анчах вăрлăх пĕр центнер та хатĕрлемен. Пĕлтĕр 30 гектар çинчен вăрлăхлăх клевер пуçтарса илнĕччĕ, ăна халĕ те çапса шĕкĕлчемен.

Вăрлăхлăх хывса хăварнă тырăсене кладовщика актпа çирĕплетсе паман. Пăрçапа сĕлĕ вăрлăхĕсемсĕр пуçне ытти вăрлăхсене, вăрлăх участокĕсенчен пухса кĕртнĕскерсене, хуçалăх валли акнă тырпулпа хутăштарса янă: Вăрлăхсен шăтас пахалăхĕ начар. Вĕсене сортласа тасатас ĕçе халĕ те организацилемен. Тырпул тасатмалли машинăсем ахалех лараççĕ.

Вăрлăхсене чирсенчен имçамлама препаратсем хатĕрлемеççĕ. Çак ĕçе пурнăçламанни тырпул тухăçлăхне ÿстерме чылаях чăрмантарнине колхоз руководителĕсем ăнланса илесшĕн мар.

Хире 3.600 тонна тислĕк кăларма палăртнă пулсан, халĕ 526 тонна çеç кăларнă. Ăна пысăк купасене хумаççĕ, лавăн-лавăн тăкаççĕ. Кĕл, кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пĕртте пухман. Колхозăн торф вырăнĕсем те сахал мар, анчах ăна удобрени валли кăларма тытăнман.

Производство планĕнче минераллă удобренисем илсе килме кашни çулах палăртаççĕ. Вăл вара хут çинче çеç юлать. Кăçал та минераллă удобренисем 50 тонна кÿрсе килме пăхнă, паянхи куна пĕр центнер та илсе килмен-ха.

Ялхуçалăх машинисене юсас тĕлĕшпе колхоз нимĕн те туман. Икĕ тимĕрçĕ лаççинчен пĕри те ĕçлемест. Плугсемпе сÿресем, сеялкăсем нимĕн йĕркесĕр юр айĕнче лараççĕ. Сеялкăсене ыраш акнă хыççăн тасатман.

МТС та колхоза çуракине хатĕрленме питĕ çителĕксĕр пулăшать. Вăл колхозпа 1953 çул валли договор та туман.

Колхозра пĕтĕмпе вăйпитти çынсем 324 шутланаççĕ. Вĕсен ĕçне тивĕçлипе организацилемеççĕ.

Пĕлтĕр ĕç ресурсĕсемпе тĕрĕс усă курайманнччĕ, 20 çын ĕçкунĕсен минимумне тултараймарĕç. Çак çитменлĕх кăçал та хытă сисĕнет.

**В. ЕФИМОВА,**
**вăрлăх пахалăхне тĕрĕслекен инспекцин агрономĕ.**

### Тырпулшăн кĕрешни çук

ЭЛĔК. Молотов ячĕпе тăракан колхоз çулсеренех çуракине япăх хатĕрленет, 1951 çулта кашни гектартан 13—14 центнер тырпул туса илнĕ пулсан, иртнĕ 1952 çулта вара тырă тухăçлăхĕ гектартан 7—8 центнер çеç пулчĕ. Ку вăл тырăсене кая юлса акнинчен, тырпулшăн хĕллехи вăхăтра тăрăшманнинчен, вырăнти тата минераллă удобренисемпе пачах та усă курманнинчен килнĕ.

Кăçал та колхоз правленийĕн председателĕ Морозов юлташ çуракине хатĕрленес пирки нимĕн те хускалмасть. Авăн çапма кая юлнă май, вăрлăхсем складсене нÿрĕ кĕчĕç. Вĕсене тахçанах сортласа тасатмаллаччĕ, анчах тулă вăрлăхне кăна сортланă-ха. Ялхуçалăх машинисене кĕркунне пухса лартнă çĕртен тапратман. Тимĕрçĕ ĕçлемест. Лаша кÿлмелли хатĕрсем юсавлă мар. Лашасем питĕ начар. Вĕсене кирлĕ чухлĕ апат памаççĕ, нормăна ытла та пĕчĕклетнĕ.

Хĕллехи агротехникăллă ĕçсене туман: юр тытман, минераллă удобренисем нихăш çул та, пĕр грамм та кÿрсе килмен. Иртнĕ çул 5-мĕш бригадăри çамрăксем 20 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухнăччĕ, бригада унпа усă курмарĕ, тислĕк сарай айĕнчех выртса çаланса пĕтрĕ.

Уй-хире ферма работникĕсем кăна тислĕк турттараççĕ, уй-хир бригадисем ку ĕçе хакламаççĕ. Иртнĕ çул кăларнă тислĕк те купара ларсах тăпра пулчĕ.

**С. ИВАНОВ,**
**М. ПАВЛОВ.**

*КПСС Уставĕ çинчен иртterекен калаçусем*

# Парти членĕн хисеплĕ ячĕ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тата Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕ пирĕн çĕршыври коммунизм строительствин пысăк малашлăхне уçса пачĕç, экономикăпа культурăна тата совет халăхĕн пурнăçне малалла çĕнĕ хăватпа çĕклентермелли чаплă задачăсене кăтартса пачĕç.

«Халĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн тĕп задачисем,—тенĕ партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă Уставра,—социализмран майĕпен коммунизма куçса пырса, коммунизмлă общество тăвасси; обществăн пуянлăхпа культура шайне пĕрмаях хăпартса пырасси, общество членĕсене интернационализм шухăшĕ майлă тата мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисемпе туванла çыхăнусем тытса пурăнас шухăш майлă вĕрентсе воспитани парасси, тăшмансен агрессиллĕ ĕçĕсенчен сыхланма Советлă Тăван çĕршывăн активлă оборонине пур майсемпе те тĕреклетсе пырасси пулаççĕ».

Çак задачăсем Коммунистсен партийĕн ертсе пыракан пĕлтерĕшне тата ытларах вăйлатма, унăн организацилле тата идейăллă-воспитанилле ĕçĕн пĕлтерĕшне, партин кашни членĕн ответлăхне ÿстерме тата коммунист ятне çÿлерех çĕклеме хушаççĕ.

1.

Аслă çулпуçăмăрсем Ленинпа Сталин парти членĕ умне яланах пысăк задачăсем лартнă, вĕсем парти членĕ хисеплине тĕлĕнмелле лайăх тĕслĕх кăтартмалла, активлă борец пулмалла, парти речĕсен пĕрлĕхне сыхласа тăмалла, тесе палăртнă. В. И. Ленинăн «Утăм малалла, икĕ утăм каялла» тата И. В. Сталинăн «Пролетарисен класĕ тата пролетарисен партийĕ» ятлă произведенийĕсенче çĕнĕ сăнарлă партин организацилле никĕсĕсене туса хунă, парти членĕсем умĕнче тăракан пысăк задачăсене палăртнă, партире çирĕп дисциплина кирлине никĕслесе панă. Çакă вăл меньшевиксен тата Хĕвеланăç Европăри реформистсен улпутла анархизмне хирĕç пынă.

Парти Уставĕн Ленин çырса панă пĕрремĕш пункчĕ парти членне программăна йышăнса ĕçлеме, партие материальнăй пулăшу пама хушнисĕр пуçне парти организацийĕсенчен пĕрине хутшăнса ĕçлеме хушать. Ленинăн çакă формулировки парти строительствин çирĕп никĕсĕ пулса тăчĕ. Ленинпа Сталин çапла вĕрентеççĕ: партие кĕрекен çынăн, партин пĕр-пĕр организацине хутшăнса, хăйĕн ĕмĕчĕсене парти ĕмĕчĕсемпе çыхăнтармалла, хăйĕн интересĕсене парти интересĕсене пăхăнтармалла. Çакăнсăр парти хăватлă, никам çĕнтереймен вăй пулса тăма пултарайман пулĕччĕ, рабочи класпа хресченсен союзне организацилеме, ĕçсыннисене самодержави тата капитализм йĕркине хирĕç кĕрешĕве илсе тухма пултарайман пулĕччĕ. Акă мĕншĕн Ленинпа Сталин парти речĕсен тасалăхĕшĕн, пролетарилле парти членĕн хисеплĕ ятне ÿстерессишĕн яланах тăрăшнă. «Пирĕн задача,—тенĕ В. И. Ленин РСДРП-ăн 1903 çулта пулнă II-мĕш съездĕнче,—пирĕн партин çирĕплĕхне, чăтăмлăхне, тасалăхне сыхласси пулать. Пирĕн парти членĕн ячĕпе пĕлтерĕшне çÿлерех, çÿлерех тата çÿлерех çĕклеме тăрăшас пулать...» (В. И. Ленин. Соч., 6 т., 459 стр.).

Парти çулпуçĕ çакăн пек кăтартса пани ленинла-сталинла парти руководствинче яланах тĕп вырăнта тăнă. Ленинпа Сталин парти членĕсем умне политикăпа мораль тĕлĕшĕнчен пысăк требованисем лартса, коммунистсен революцилле çирĕп характерне вăйлатса пынă. Ленин çапла каланă: вырăс коммунисчĕсем вĕсем—халăхăн чăн-чăн геройĕсем, вĕсем хăйсене пĕтĕмпех рабочи класа ирĕке кăларас ĕçе параççĕ. Вĕсем хăйсене тĕрмесене хупса лартнă пулсан та, паттăрлăха, революцилле çирĕплĕхе, хăйсем çĕнтерес ĕмĕте çухатман. Иван Васильевич Бабушкинăн революцилле паттăр ĕçĕ çинчен Ленин çапла кăтартса панă: çакăн пек çынсемсĕр вырăс халăхĕ мĕнпур эксплуатацирен пĕтĕмпех хăтăлайман пулĕччĕ. Бабушкин хăйĕн паттăрлăхĕпе, ĕçлĕхĕпе, революцилĕхĕпе, çак ĕçе чĕререн парăннипе пĕтĕм парти хисепне тивĕçлĕ пулнă.

Пролетарилле революционерсен пысăк пахалăхĕпе лайăх енĕсем коммунистла юхăмăн гениллĕ çулпуçĕсен моралле сăнарĕсенче яр-уççăн палăрса тăраççĕ.

Сталин юлташ 1937 çулхи декабрĕн 11-мĕшĕнче каланă сăмахра Ленин сăнарлă деятельсен ырă енĕсемпе пахалăхĕсене кăтартса пачĕ, совет çыннисене пур ĕçре те пирĕн партин никĕсне хывакан çулпуçĕнчен Владимир Ильич Ленинран тĕслĕх илме чĕнчĕ.

«Суйлавçăсен, халăхăн,—тенĕ Сталин юлташ,—хăйсен депутачĕсенчен çакна ыйтмалла: депутатсем хăйсен задачисен çÿлĕшĕнче тăччăр; вĕсем хăйсен ĕçĕнче политикăллă обывательсен картне анса ан ларччăр; вĕсем Ленин сăнарлă политикăллă деятельсен вырăнче тăччăр; вĕсем, Ленин пекех, яр-уçă та паллă деятельсем пулччăр; вĕсем, Ленин пекех, кĕрешÿре нимрен хăраман тата халăх тăшманĕсене нимĕн хĕрхенмен çынсем пулччăр; вĕсем, ĕç йывăрланма пуçласан, горизонтра мĕнле те пулин хăрушлăх палăрса тухма пуçласан, кирек мĕнле хăраса ÿкесрен те, кирек мĕнле хăраса ÿкес пеккинчен те, Ленин пекех, ирĕклĕ пулччăр: вĕсем кирек мĕнле хăраса ÿкес пеккинчен те ирĕклĕ пулччăр; пысăк ыйтусене татса панă чухне, пур енлĕ ориентаци тата пĕтĕм плюссемпе минуссене пур енчен те шута илмелле çĕрте вĕсем, Ленин пекех, ĕçе аслă та васкамасăр тăвакансем пулччăр; вĕсем, Ленин пекех, тĕрĕс те тÿрĕ кăмăллă пулччăр; вĕсем хамăр халăха, ăна Ленин юратнă пекех, юратчăр».

Ленин сăнарлă политикăллă деятелĕн çак чаплă пахалăхĕсем Ленин ĕçĕсене малалла туса пыракан аслă Сталинра яр-уççăн курăнса тăраççĕ. Çавăнпа та Сталин юлташа пирĕн çĕршыври тата пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем, Ленина юратнă пекех, вĕçĕмсĕр юратаççĕ.

Ленинпа Сталин, коммунистсене принциплă пулма, çирĕп пулма, халăх интересĕсемшĕн кĕрешме вĕрентсе, «хурçăран пĕтĕçтернĕ парти, кирек хăш самантра та хăйĕн речĕсене улăштарса çĕнетме, партин кирек мĕнле ĕçне те çĕршер пинсене пĕтĕçтерме пултаракан парти, пăтранса ÿкесрен хăрамасăр, Центральнăй Комитет пĕрре йыхăрнипех хăйĕн речĕсене улăштарса çĕнетме пултаракан тата тăшмана хирĕç тухма пултаракан парти» туса хурса пиçĕхтернĕ (И. В. Сталин, Соч., 4 т., 392 стр.).

Шăпах та çакăнпа ĕнтĕ парти пĕтĕм тĕнчипе историллĕ çĕнтерÿсем турĕ. Çак çĕнтерÿсенчен чи пăллăраххисем — Октябрьти Социализмлă Аслă революци туса иртterни тата пирĕн çĕршывра социализм туса хуни пулаççĕ. Пысăк йывăрлăхсене çĕнтерсе, парти историре çĕнĕ, халиччен тĕрĕслесе пĕлмен çулсем хыврĕ, социализмран хăюллăн коммунизм патне пырать.

Нимĕнле пысăк йывăрлăхсем те—граждăн вăрçи, хуçалăх юхăнни, хуçалăхри пысăк йывăрлăхсем, вак буржуалла стихия хĕссе тăни, революцин хаяр тăшманĕсем: троцкистсем, бухаринецсем тата ытти сутăнчăксем хаяррăн тапăнни,—парти ирĕклĕхне пăсма, унăн пĕрлĕхне хавшатма пултараймарĕç. Пачах урăхла, йывăрлăхсене хирĕç кĕрешни коммунистсене писĕхтерчĕ, парти пĕрлĕхне тĕреклетрĕ, çĕнĕ обществăна çирĕплетессишĕн пыракан кĕрешÿпе çыхăннă мĕнпур йышши йывăрлăхсене çĕнтерме пулăшрĕ.

Вырăс коммунисчĕсем социализм тăвассишĕн паттăррăн кĕрешнипе хамăр çĕршыври ĕçсыннисене çеç мар, чикĕ леш енчи ĕçсыннисене те хавхалантарчĕç. Акă мĕншĕн ĕнтĕ «тăванла партисен представителĕсем, пирĕн партин паттăрлăхĕпе çитĕнĕвĕсене курнипе хавхаланса, ăна тĕнчери революцилле юхăмпа рабочи юхăмăн «Ударнăй бригади» тесе ят панă» (Сталин).

Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче, социализмлă мирлĕ строительство тапхăрĕнчи пекех, коммунистсем хăйсен аслă Ленин—Сталин партийĕн хисеплĕ ятне чыслă тытса пычĕç. Коммунистсем хăюллăн, хăйсен пурнăçне пама хатĕр тăрса хастаррăн çапăçни фашистла бандитсене чĕтретсе тăнă, совет воинĕсен чĕрисене çулăмлантарнă, вĕсене Тăван çĕршыв ĕçĕшĕн паттăрлăх кăтартма чĕннĕ. Коммунистсем вăрçă хыççăнхи çулсенче те СССР халăх хуçалăхне малалла аталантармалли сталинла плансене тултарассишĕн, совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайне çĕнĕ хăватпа çĕклентерессишĕн революцилле пултарулăхпа, вĕресе тăракан хăватпа кĕрешеççĕ. Пур çĕрте те, пур ĕçре те коммунистсем халăха ертсе пыраççĕ, хăйсен паттăр тĕслĕхĕпе хавхалантараççĕ. Çавăнпа вĕсене совет çыннисем пурте хисеплесе юратаççĕ.

2.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче йышăннă Уставра партин ленинла организацилле принципĕсене Сталин юлташ малалла аталантарни палăрса тăрать. Унта парти пурнăçĕн тĕп законĕсене, парти ĕçĕн çĕнĕ условийĕсенчи формисемпе меслечĕсене, парти членĕн обязанноçĕсене пур енчен те тĕплĕн çырса хунă, коммунистăн политикăллă тата моралле сан-сăпачĕ мĕнле пулмаллине кăтартса панă.

Устав парти членне социализмран майĕпен коммунизма куçнă условисенче обществăллă пурнăçпа хăйĕн пурнăçĕнче тата политикăпа йăлара—пур çĕрте те халичченхинчен те ытларах примерлă пулма хушать. Коммунист—малта пыракан активлă боец, çавăнпа та ытти мĕнпур ĕçсыннисем унпа танлашса ĕçлеме тăрăшаççĕ. Коммунистăн хăйне политикăпа мораль тĕлĕшĕнчен çирĕп тытмалла. Унсăрăн вăл парти татса паракан ыйтусен çÿлĕшĕнче тăма пултараймасть.

Коммунистăн паха тивĕçĕ вăл парти пĕрлĕхне пур майсемпе те тĕреклетсе пырасси пулать. Партин XIX-мĕш съездĕнче Центральнăй Комитетăн ĕçĕсем çинчен тунă отчетлă докладра Г. М. Маленков юлташ çакна кăтартса пачĕ: ленинизм тăшманĕсене хирĕç хаяррăн кĕрешсе тунă пĕрлĕх, Сталин юлташ ăслăн ертсе пынипе партире туса хунă пĕрлĕх вăл партин шалти ĕçне кăтартса тăракан чи характерлă паллă пулса тă-

# Хамăр республика тăрăх

## Новаторсен кĕтесĕ

Елчĕк Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводра кашни цехрах новаторсен кĕтесĕ тунă. Илемлетнĕ витринăсем çинче новаторсен ĕçĕпе паллаштаракан кĕнекесем нумай. Вăл кĕнекесенче электропромышленноçть предприятийĕсенче ĕçлекен новаторсен ĕç меслечĕсем çинчен тĕплĕн çырнă.

Новаторсен кĕтесне техникăллă литературăпа пуянлатас тĕлĕшпе заводри техникăллă библиотекăпа техникăллă информаци пайĕ тăрăшса ĕçлеççĕ. Рабочисемпе инженерсем, техниксем производство новаторĕсен паха опычĕпе интересленеççĕ.

Новаторсен ĕç опычĕпе паллаштарни рабочисен ĕç тухăçлăхне ӳстерме чылай пулăшать. Сварщик пулса ĕçлекен Павлов юлташ, новаторсен опычĕпе паллашса, ĕç нормине 150—200-шер процент тултарса пыракан пулчĕ, январь уйăхĕнче «Заводри чи лайăх сварщик» ятне илчĕ.

П. СТЕПАНОВ.

## Панă сăмаха чыслăн пурнăçларĕç

ПЕРВОМАЙСКИ. Аслă Чемен ял Советĕнчи «Путь коммунизма» колхоз членĕсем вырăнти Советсен суйлав кунĕ тĕлне кăçал малтанхи срокра тӳлемелли ялхуçалăх налогĕн 80 процентне парса татма обязательство илнĕччĕ. Колхозниксем хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçларĕç.

Аслă Чемен ял Совечĕ пĕрремĕш кварталта укçа-тенкĕ пухмалли плана суйлав кунĕ тĕлне 80,8 процент тултарчĕ.

Упамса ял Советĕнчи «Красная поляна» колхоз членĕсем те укçа-тенкĕ парăмĕсене вăхăтра тӳлеççĕ. Упамса ял Совечĕ кварталти финанс планне суйлав кунĕ тĕлне 98,1 процент, вăл шутран пĕрремĕш кварталта ялхуçалăх налогĕ пухмалли задание—119,3 процент, самообложени укçи пухмаллине—188,9 процент тултарчĕ.

Ку ял Совечĕ заем укçи пухмалли плана районта чи малтан пурнăçларĕ.

А. ТУКМАКОВ.

## Кĕскен

ЕЛЧĔК. «Автогигант» колхозри свинарка Людмила Краснова 1952 çулта 9 сысна аминчен 168 çура илсе ӳстерчĕ. Çавăншăн ăна колхоз правленийĕ, ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркепе, 3 çура панă. Краснова юлташ кăçал кашни амаран 20 сурăран кая мар илессишĕн тăрăшса ĕçлет.

Мичурин ячĕпе тăракан колхозри ĕне пăхакан Мария Васильевна иртнĕ çулта 9 ĕнерен 10 пăру илнĕ, вăл 4 уйăхри пăру илме тивĕçлĕ пулнă.

Çак колхозри конюх Александр Королев юлташ 4 кĕсререн 4 тиха илнĕ. Хушса тӳлемелли йĕркепе ăна 100 килограмм тырă панă.

В. ЕРТМАКОВ.

КАЛИНИНО. Иртнĕ çулта «Волга» колхоз общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана ытлашшипех тултарчĕ. Уйрăммăнах ку ĕçре сысна пăхаканĕсен ĕçĕ палăрчĕ. А. Иванова хăйне çирĕплетсе панă 14 ама сыснаран 218 çура илсе ӳстерчĕ. Колхозниксем обязательнăй йĕркепе аш, çу, сĕт тата çăм парас тĕлĕшпе çăмăллăх илчĕç.

Иртнĕ çулăн итогĕсене пăхса тухнă хыççăн, А. Иванова юлташа сысна ĕрчетмелли плана ирттерсе тултарнăшăн, ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх, икĕ уйăха çитнĕ 4 çура памалла тунă.

В. АНИСИМОВ.

## Пуçарулăх ӳсет

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн директивисенче ĕçсыннисен культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатас ĕç çине питĕ пысăк пăхма кирлине кăтартса панă. Пилĕк çуллăх план тăрăх, сĕтел-пукан туса кăларассине виçĕ хут ытла ӳстерме палăртнă.

Çак хисеплĕ задачăна пирĕн, сĕтел-пукан тăвакансен, татса памалла.

Эпĕ йывăçран япаласем тăвакан заводра столяр пулса ĕçлетĕп. Çĕнĕ çул пуçламăшĕнчен, вырăнти Советсен суйлавне ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, январьти нормăна 268 процент тултартăм. Февраль уйăхĕнче те тухăçлă ĕçлерĕм.

Цехсем хушшинче ăмăртура пирĕн столярсен цехĕ темиçе çул хушши малта пырать. Январь уйăхĕнче эпир чугун çул станцийĕсем валли дивансем, шкулсем валли—партăсем, чӳрече тата алăк рамисем планпа пăхнинчен икĕ хут ытларах туса кăлартăмăр.

Эпĕ ĕç пуçланиччен 20—30 минут маларах пыратăп. Материала малтанах çителĕклĕ таран хатĕрлетĕп, инструментсене йĕркелесе хуратăп. Çапла туни тухăçларах ĕçлеме, вăхăта перекетлеме пулăшать. Ку вăл—ĕç тухăçлăхне тата продукци пахалăхне ӳстермелли резервсенчен пĕри.

Производствăра пысăк опыт пухса хамăн ĕçе тĕрлĕ майсемпе çăмăллатма тăрăшатăп. Ĕлĕкрех, сăмахран, детальсене висне пирĕн нумай вăхăт кайнă. Çак ĕçе çăмăллатас тата хăвăртлатас тесе, детальсем валли пĕр пек шаблонсем туса хатĕрлерĕм. Ку ĕçе чылай çăмăллатрĕ, ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшрĕ. Ĕлĕкрех эпĕ тата ман юлташсем детальсене висне çĕрте темиçешер сехет вăхăт ирттернĕ. Халĕ эпир, пĕр пек шаблонсем туса хатĕрленнине пула, çак ĕçе пĕр минут çурă хушшинче туса ирттеретпĕр.

Столяр ĕçĕнче, паллă ĕнтĕ, усă курман резервсем те сахал мар. Çав резервсемпе усă курсан эпир ĕç тухăçлăхне ӳстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма пултаратпăр. Ман шухăшпа, рационализаторсем вăл—пилĕкçуллăха малта пыракан салтаксем. Рационализаторсене пулăшса пырса, парта пĕтĕм коллективĕшĕн пысăк ĕç тăвать.

Кашни рабочипе работница хăйĕн ĕçне творчествăллă туса пырсан, шалти резервсене тупса палăртса вĕсемпе ĕçре усă курсан, эпир çĕнĕ пилĕкçуллăхăн заданисене срокчен тултарассипе пысăк çитĕнӳсем тăвăпăр.

Я. КАЗАКОВ,
Улатăрти йывăç япаласем тăвакан заводри столяр.

## Гектартан 280 центнер çĕрулми

ЧУРАЧĂК. «Прогресс» колхоз çĕрулми лартса ӳстерес ĕçре çултан-çул çитĕнӳсем туса пычĕ. 1950 çулта колхоз гектар пуçне вăтамран 127 центнер, 1951 çулта 175 центнер, 1952 çулта 220 центнер çĕрулми пухса кĕртрĕ. И. Гаврилов юлташ ертсе пыракан 3-мĕш бригада иртнĕ çулта 13 гектар çинчен 261-шер центнер, Д. Кириллов юлташ бригадир пулса ĕçлекен 7-мĕш бригада 10 гектар çинчен 245-шер центнер çĕрулми пухса кĕртнĕ. Çĕрулмие планпа пăхнинчен чылай тухăçлăрах туса илнĕшĕн колхозниксем, хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх 846 центнер çĕрулми илнĕ. Колхозниксене кашни ĕçкунĕ çине 4-шар килограмм çĕрулми валеçсе панă. Колхоз çĕрулми сутса пĕр автомашина туянчĕ. Вăрлăхлăх тата выльăхсене çитерме çĕрулми нумай хăварчĕ. Фермăра дояркăсем, çĕрулмипе тĕрĕс усă курса, ĕнесен сĕт тухăçне чылай хăпартрĕç. 1952 çулта кашни сăвакан ĕнерен 1.113 литр сĕт суса илнĕ.

Çĕрулми лартмалли çĕр лаптăкĕ пысăкланса пырать. 1950 çулта 44 гектар çине лартнă пулсан, 1951 çулта—75 гектар, 1952 çулта—79 гектар лартнă. 1953 çулта 83,6 гектар çине çĕрулмипе пахча çимĕç лартма пăхнă.

Çĕрулми тухăçне ӳстерес тесен, çав культурăн уйрăмлăхĕсене пĕлес пулать, çĕрулми лартса ӳстерес тĕлĕшпе наукăпа малта пыракан практика палăртса панă организациллĕ тата агротехникăллă ĕçсене пурнăçласа пыни кирлĕ. «Прогресс» колхозри колхозниксем çакăн пек пĕлӳсем туянчĕç теме пулать ĕнтĕ.

Хальхи вăхăтра «Прогресс» колхоз членĕсем вăйлă тырпул туса илме хатĕрленеççĕ. Вĕсем, партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, тырпул тухăçлăхне ӳстернипе пĕрлех, гектартан 280 центнертан кая мар çĕрулми туса илме сăмах пачĕç. Вĕсен сăмахĕ пурнăçа кĕретех.

Пуриншĕн те паллă, çĕрулми лайăх кăпкалатнă, органикăллă тата минераллă удобренисем тăкса çемçетнĕ çĕре юратать. «Прогресс» колхозра çĕрулмине пусă çавранăшĕнче кĕрхи тырăсем хыççăн вырнаçтараççĕ. Кĕрхи тырăсене вырса илсенех çĕрулми лартмалли вырăнта ыраш хăмăлне çӳхен, 5—6 сантиметр таранăш сухаласа хăвараççĕ. Кун хыççăн ик-виçĕ эрнерен, органикăллă тата минераллă удобренисем тăкса, çĕре 20—25 сантиметр таранăш сухалаççĕ. Иртнĕ кĕрхи çĕртмере кăçал çĕрулми лартмалли вырăна 1.991 тонна тислĕк, 110 тонна торф кăларса хăварнă.

Калас пулать, лайăх кăпкалатса, çемçетсе хăварнă çĕрулми участокĕ çурхи тырăсемшĕн те аван пулать. Иртнĕ çул çĕрулми пулнă вырăна акнă çурхи тулă гектартан 18 центнер тухнă.

Паллах, çĕрулми тухăçлăхĕ мĕнле вăрлăх лартса хăварнинчен те нумай килет. «Прогресс» колхоз кашни çулах паха тата сортлă çĕрулми лартать. Лартмалли çĕрулмине кĕркуннех суйласа, типĕ те пĕр пек температура тăракан подвалсене хураççĕ.

Вăрлăх участокĕсем çине çĕрулмине яланах яровизацилесе лартнă.

Нумай колхозсенче çĕрулми лартмалли вăхăта тĕрĕс суйласа илме пĕлмеççĕ. «Прогресс» колхозра ку вăхăта тĕрĕс суйласа илеççĕ. Тăпра 10—12 сантиметр таранăшĕнче 7—8 градуса çити ăшăнса çитсен, вара çĕрулмине пĕр эрне хушшинче лартса хăвараççĕ.

Çĕрулми тухăçлăхĕ лартнă çĕрулмине мĕнле пăхса ӳстернинчен килет. Çĕрулми уйĕ таса тата кăпка тăпраллă пулни кирлĕ. Çавăнпа та «Прогресс» колхозра çĕрулмине лартсан тепĕр эрнерен çăмăл сӳрепе сӳрелеççĕ. Участока çумкурăкран тасатсах тăраççĕ. Ретсен хушшине икĕ-виçĕ хут кăпкалатаççĕ. Иртнĕ çул малтанхи хут кăпкалатас умĕн çĕрулми лартнă вырăна гектар пуçне 4 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ сапса апат панă.

«Прогресс» колхоз çĕрулмине типĕ çанталăкра хăвăрт пухса кĕртет. Çĕрулми кăларас ĕçре пĕр касăллă плугсемпе усă кураççĕ. Кăларнă участока сӳрелеççĕ. Çакă вăл юлнă çĕрулмисене пуçтарма кирлĕ. Кайран сухаласа хăвараççĕ.

В. ПРОКОПЬЕВ,
агроном.

## Медицина работникĕсен профсоюз обкомĕн пленумĕ

Çак кунсенче Шупашкарта медицина работникĕсен профсоюз обкомĕн пленумĕ пулчĕ. Пленумра медицина кадрĕсемпе ĕçлесси çинчен Чăваш АССР Сывлăх министрĕ В. Г. Ефимова юлташпа профсоюз обкомĕн председателĕ Л. Т. Васякова юлташ докладсем туса пачĕç.

Докладчиксем тата прение тухса калакансем юлашки вăхăтра республикăри медицина учрежденийĕсем хăйсен ĕçне кăштах лайăхлатнине палăртрĕç. Больницăсемпе поликлиникăсене пĕрлештерни, врачсен йышĕ нумайланни тата вĕсем хăйсен ăсталăхне ӳстерсе пыни чирлĕ çынсене сыватас ĕçе лайăхлатма май панă.

Врачсен йышĕ республикăра вăрçăчченхипе танлаштарсан 2,5 хут ӳснĕ. Медицина учрежденийĕсен шучĕ нумайланса пырать.

Анчах халăх сывлăхне сыхлас ĕçре пысăк çитменлĕхсем нумай-ха. Больницăсемпе поликлиникăсенчен чылайăшĕнче чирлĕ çынсене йышăнас ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен, врачсем патне кĕме çынсене нумай кĕттереççĕ, хăшпĕр специалист-врачсем патне темиçе кун хушшинче те приема кĕме çук. Медицина ĕçĕнчи кадрсене суйласа илес ĕç çине тимсĕр пăхни тĕслĕхсем те сахал мар.

Прение тухса калакансем Шупашкар хула Совет исполкомĕн сывлăха сыхлас ĕç пайне хытă критиклерĕç. Хулари сывлăха сыхлас ĕç пайĕ больницăсемпе амбулаторисен ĕçĕсене лайăхлатма мерăсем йышăнман.

Пленумра çакă палăрчĕ: халăх сывлăхне сыхлас ĕçри пысăк çитменлĕхсенчен пĕри нумай врачсем ик-виçĕ ĕçре ĕçлени пулать. Çакна пула вĕсенчен хăшпĕрисем хăйсен ĕçне пĕр çĕрте те тĕплĕн туса пымаççĕ. Ку вара ĕç дисциплини япăхланасси патне илсе пырать.

Улатăрта, Шупашкарта тата ытти хуласенче вăтам шкулсенче вĕреннĕ медицина кадрĕсем йышлă. Фельдшерсемпе сестрасем нумайăшĕ килтех пурăнаççĕ, çав вăхăтрах больницăсенче ик-виçĕ должноçра ĕçлекен фельдшерсемпе сестрасем сахал мар.

Докладчиксем те, прение тухса калакансем те Совет çĕршывĕн хĕрӳллĕ патриотки Лидия Тимашук пархатарлă ĕç туни, сыхăлăхлă пулни çинчен каларĕç. Вĕсем медицина работникĕсен хăйсен ĕçĕнче сыхăлăха ӳстерме кирлине палăртрĕç.

Пленум медицина кадрĕсемпе ĕçлесси çинчен решени йышăнчĕ. Решенире врачсем тата вăтам пĕлӳ илнĕ медицина работникĕсем хушшинче идеологиллĕ ĕçе, вĕсене политикăллă воспитани парас, вĕсен квалификацине ӳстерес ĕçсене вăйлатма кирлине палăртрĕç.

Медицина кадрĕсемпе ĕçлессине лайăх йĕркелени халăх сывлăхне сыхлас ĕç органĕсене Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлас ĕçре пулăшĕ.

## Пысăк кĕпер

ЕЛЧĔК. Район центрне Канаш енчен пырса кĕнĕ çĕрте Кĕçĕн Пăла шывĕ юхса выртать.

Халиччен кунта йывăçран тунă кĕпер кăна пулнă. Халĕ Кĕçĕн Пăла шывĕ урлă чулпа тимĕр-бетонран пысăк кĕпер тăваççĕ. Кун пек пысăк кĕпер халиччен Елчĕк районĕнче пулман.

Кĕпере çурхи шывсем хускаличчен туса пĕтереççĕ.

И. НЯГИН.

# Колхозлă ял культури

(Редакцие килнĕ çырусене пăхса тухни)

Совет çĕршывĕнче колхозлă ялсем хула пек çĕнелсе илемленеççĕ. Ялти ĕçхалăхĕ хăйĕн пĕлĕвне кунтан кун ӳстерсе пырать. Колхозлă яла хаçат-журнал çултан-çул ытларах килсе тăрать. Ĕçсыннисем политика, ялхуçалăх, техника, илемлĕ литература ыйтăвĕсем тăрăх лекцисемпе докладсем итлеççĕ, художествăллă пултарулăх коллективĕсен ĕçне хутшăнаççĕ.

Нумай колхозсем çуллен пысăк тухăçлă тырпул туса илеççĕ. Çавна май колхозниксем пуян та культурăллă пурăнаççĕ. Вĕсем çулсерен çĕнĕ çуртсем нумай лартаççĕ, культура таварĕсем йышлăн туянаççĕ.

Колхозлă ял культури çинчен çырнă статьясемпе заметкăсем редакцие нумай килсе тăраççĕ. Вĕсен авторĕсенчен нумайăшĕ — колхозлă ял ĕçченĕсем.

Елчĕк районĕнчи Вырăскасси ялĕнчи вулав çурчĕ культурăллă-массăллă ĕçĕн центрĕ пулса тăнă. Вулав çуртĕнчи библиотекăра кĕнеке фончĕ тата вулакансен хисепĕ те ӳссе пырать. Хальхи вăхăтра библиотекăра 1.252 кĕнеке шутланать. Колхозниксем ялхуçалăх, техника тата ытти ыйтусем тăрăх çырнă кĕнекесемпе интересленеççĕ. А. Медведев колхозник радиотехника енĕпе çырнă кĕнекесене юратса вулать. Вăл детекторлă приемник туса хатĕрленĕ. Медведев юлташ В. И. Ленинпа И. В. Сталин биографийĕсене, парти историйĕн кĕске курсне харпăр хăй тĕллĕн вĕренет.

Вулав çуртĕнче кашни эрнерех çамрăксен, вулакансен касĕсем пулаççĕ, час-часах литература каçĕсем ирттереççĕ. Кун çинчен пире В. Чернов юлташ çырса пĕлтерчĕ.

Нумай колхозниксен хăйсен библиотекăсем пур. Кĕнеке вуласа колхозниксем хăйсен культурипе тавракурăмне ӳстереççĕ, кĕнеке вуласа илнĕ пĕлӳпе практикăллă ĕçре усă кураççĕ.

— Григорий Петров Чурачăк районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра садовод пулса ĕçлет, — тесе çырать Ф. Семенов. — Петров юлташ малта пыракан агробиологи науки çинчен çырнă кĕнекесем вулать, паха опытпа паллашать. Унăн хăйĕн килĕнчи библиотекинче 200 кĕнеке ытла шутланать. Кĕнекесенче çырнă кăтартусемпе сĕнӳсене асра тытса ĕçлени садовод ĕçĕнче пысăк пулăшу парать. Иртнĕ çулта колхоз сад пахчинчен 11 пин тенкĕ тупăш илнĕ.

Ялсенчи библиотекăсен паха ĕçĕ çинчен, унти кĕнекесен фончĕ ӳссе пыни çинчен Хĕрлĕ Чутай, Советски, Чкаловски районĕсенчен Н. Самсонов, А. Николаев, А. Козлов юлташсем çырса пĕлтереççĕ.

Л. Григорьевпа А. Казанцев юлташсем пĕлтернĕ тăрăх, Калинино районĕн центрĕнчи библиотека час-часах вулакансен конференцийĕсене ирттерет. Çак кунсенче библиотека А. Коптяева çырнă «Иван Иванович» роман тăрăх вулакансен конференцине ирттернĕ.

Вăрнар районĕнчи Мăн Турхан ялĕнчен Г. Романов корреспондент çапла çырса пĕлтерет:

— Ялти библиотека вулакансем хушшинче кĕнеке пропагандине анлăн туса пырать. А. Антонов библиотекарь пуçарнипе çамрăксем хушшинче час-часах лекцисемпе докладсем ирттереççĕ. Юлашки кунсенче партин XIX-мĕш съезчĕ çинчен, «Ялхуçалăх ыйтăвĕсем енĕпе мĕнле кĕнекесем вуламалла» тема тăрăх кĕнекесен выставкисене хатĕрленĕ.

Колхозниксен пурнăçĕ çултан çул пуянланса пырать. Çавна май вĕсем культура ыйтăвĕсемпе интересленесси те ӳсет. Кашни ялта тенĕ пекех художествăллă пултарулăх кружокĕсем ĕçлеççĕ. Хор кружокĕсем нумай çĕрте организациленĕ.

Калинино районĕнче хор кружок руководителĕсен семинарне ирттернĕ. Хăй тĕллĕн вĕреннĕ композитор С. Слонов юлташ ертсе пынипе кружок руководителĕсем музыка теорийĕпе паллашнă, нумай юрăсем вĕреннĕ. Кун çинчен редакцие А. Осокин корреспондент çырса пĕлтерчĕ.

Колхозниксен пĕлĕвĕпе культурине, тавракурăмне ӳстерес ĕçре лекциллĕ пропаганда пысăк вырăн йышăнать.

— Шăхасан районĕнчи «За коммунизм» колхозра ĕçсыннисем валли лекцисемпе докладсем туса парассине лайăх йĕркеленĕ. Лекцисемпе докладсем ирттернĕ çĕре ялти учительсем активлăн хутшăнаççĕ. Юлашки вăхăтра «Политикăлла тимлĕх çинчен», И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕ çинчен, «Туслăхпа юлташлăх çинчен» лекцисем ирттернĕ, — тесе çырать В. Нестеров юлташ.

Е. Федотов юлташ пĕлтернĕ тăрăх, Канаш районĕнчи Катек ялĕнчи колхозниксем 168 экземпляр хаçат, 20 экземпляр журнал илсе тăраççĕ.

Совет правительстви ĕçсыннисен сывлăхне сыхлас ĕç çине тимлĕ пăхать. Колхозлă ялсенче çулсерен çĕнĕ больницăсемпе фельдшер пункчĕсем, ача çуратмалли çуртсем уçăлаççĕ. Чирлекенсен хисепĕ чаксах пырать.

А. Смирнов юлташ çапла çырать:

— Советски районĕнчи Хучаш ялĕнче юлташки çулсем хушшинче çĕнĕ больница уçнă. Иртнĕ çулта ялти больница çумĕнче 20 çын вырнаçмалăх стационар ĕçлеме пуçларĕ. М. Федоров врач хăйĕн ĕçне чунтан юратса тăвать, ĕçсыннисем хушшинче санитарипе гигиена ыйтăвĕсем тăрăх лекцисемпе докладсем ирттерет, вĕсене медицина наукин çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе паллаштарать.

Колхозсем хĕрсех çуракине хатĕрленеççĕ. Çуракине хатĕрленнĕ çĕрте ялсенчи вулав çурчĕсемпе библиотекăсем те хисеплĕ вырăн йышăнмалла. Ялти лекторсен колхозниксем хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕçе тата анлăрах сарса ямалла, вĕсен ял ĕçченĕсене çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитме хавхалантармалла.

Октябрьти Социализмлă Аслă революци ирĕке кăларнă чăваш ĕçсыннисен культури нумай ӳсрĕ. Совет çынни пурне те пĕлесшĕн, вăл пысăк ыйтусемпе интересленет, наукăпа техникăн çĕнĕ ӳсĕмĕсемпе паллашма тăрăшать. Çавна май ялти культурăпа çутĕç учрежденийĕсен хăйсен ĕçне тата ытларах вăйлатмалла.

## Укçа-тенкĕ пухас ĕçе вăйлатмалла

ВĂРНАР. Мăн Турхан ял Советĕнчи чылай хуçалăхсем 1953 çулшăн аванс шучĕпе ялхуçалăх налогĕ тӳлемелли обязательствăсене пурнăçларĕç. А. Павлова, М. Дмитриев тата ытти чылай колхозниксем 1953 çулшăн пĕрремĕш срокра памалли ялхуçалăх налогне пĕтĕмпех тӳлесе татрĕç.

1953 çулта самообложени укçине 3.825 тенкĕ пухмалла пулсан, пин тенкĕ ытла пухнă та ĕнтĕ.

Анчах укçа-тенкĕ парăмĕсене вăхăтра парса татман çынсем те пур-ха. Сăмахран, колхозăн ревизи комисси председателĕ Николай Осипов 1952 çулта 300 тенкĕлĕх заем çырăннă, укçине халиччен те тӳлесе татман, пĕтĕмпе те 116 тенкĕ кăна тӳленĕ. Колхоз кладовщикĕ И. Романов 300 тенкĕлĕх заем çырăннă, укçине пĕр пус та тӳлемен. Кун пек çынсем финанс планне тултарма чăрмантараççĕ.

Г. РОМАНОВ.

---

рать. Парти членĕн хăйĕн партийĕн речĕсенчи пĕрлĕхе куç шăрçине сыхланă пек сыхлас пулать, мĕншĕн тесен парти вăл пĕр шухăшлă çынсен-коммунистсен боевой союзĕ пулса тăрать.

Парти совет обществине хăйĕн членĕсем урлă, парти организацийĕсем урлă çул кăтартса, ертсе пырать. Парти ролĕ вăйланасси унăн членĕсем парти политикине пурнăçлассишĕн активлă кĕрешнинчен килет.

Уставра кăтартнă тăрăх, коммунистăн парти решенийĕсене пурнăçлассишĕн активлă кĕрешекен боец пулмалла. Уншăн çак решенисемпе килĕшни кăна çителĕксĕр-ха, унăн çак решенисене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешмелле. Парти çакăн пек хушнине пурнăçласа, коммунистсем ленинла-сталинла парти членĕн ятне тата çӳлĕрех пусăма çĕклеççĕ.

Устав коммунистсене массăсен вожакĕ пулнипе пĕрлех, ĕçре, техникăна çĕнсе илес ĕçре, хăйĕн ĕçлĕхлĕ квалификацине хăпартас ĕçре, совет стройĕн таса тата никам тĕкĕнейми никĕсĕ пулса тăракан социализмла харпăрлăха пур майсемпе те тĕреклетес ĕçре пуриншĕн те пример пулма хушать. Коммунистăн мораллĕ сăнарĕ çакăн пек пулни ăна массăсем хушшинче пысăк авторитетлă пулма май парать, çакă вăл коммунизм строительствине ĕçсыннисен ытларах та ытларах анлă массисене активлăн хутшăнтарма пулăшать.

Пирĕн парти вăйĕпе хăвачĕ—вăл халăхпа уйрăлми тачăн çыхăнса тăнинче. Парти вăйĕпе хăвачĕн çак иксĕлми çăлкуçне парти членĕн пур майсемпе те сыхласа тăмалла. Массăсемпе çыхăну тытассине вăйлатмалла, ĕçсыннисен ыйтăвĕсене вăхăтра тивĕçтермелле, партире тăманнисене парти политикипе решенийĕсем çинчен тăтăш ăнлантарса памалла, парти кăтартăвĕсене, пропагандăламалла, массăсене вĕрентмелле кăна мар, тата вĕсенчен те вĕренмелле,—çакăн пек ĕнтĕ кашни коммунистăн задачи.

Массăсене ертсе пырас тесен, пур ĕçре те хăйĕн малта пырас тесен, коммунистăн марксистла-ленинла теорие тарăнăн вĕренмелле, хăйĕн идейăллă-теориллĕ шайне ывăнма пĕлмесĕр ӳстермелле. Сталин юлташ çапла кăтартса панă: пурнăçран юлас мар тесен, идейăллă шая ӳстерме тăрăшмалла, марксистла-ленинла теорие вĕренмелле, вырăнта тăмалла мар, халиччен вĕреннĕ формулăсемпе пурăнмалла мар, яланах малалла пымалла. Идейăпа политика тĕлĕшĕнчен кая юлакан, кивĕ пĕлӳсемпе пурăнакан, çĕннине туйман коммунист хăйĕн авангардлă рольне пурнăçлама пултараймасть, хăйĕн хисеплĕ ятне тивĕçлипе тытса тăма пултараймасть.

Устав парти членĕсемшĕн пуриншĕн те пĕр пек обязательно пулса тăракан партипе государство дисциплинине çирĕп тытса пыма хушать. Ленинпа Сталин пĕр хут çеç мар çапла кăтартса панă: парти членĕ парти дисциплинине пăсни партипе государство интересĕсене пысăк сиен кӳрет, партин уйрăм членĕсем хăйсен интересĕсене парти интересĕсене ăнланулăн пăхăнтарса пырсан тата пĕрле вăй хурса ĕçлесен кăна çĕнĕ общество тăвас ĕçри йывăрлăхсемпе чăрмавсене пĕтерме пулать.

Социализмран майĕпен коммунизма куçнă условисенче, парти çĕнĕ те пысăкрах задачăсене татса панă чухне, принциплă критикăпа самокритика уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Парти коммунистсене критикăпа самокритикăна тата анлăрах сарса яма, ĕçри çитменлĕхсене палăртма, вĕсене пĕтерме, шавлăн мухтанса тата ĕçри çитĕнӳсемпе кăпăланса ларнине хирĕç кĕрешме хушать. Парти уйрăмах аялтан килекен критикăна вăйлатасси çине тимлĕ пăхать.

«Аялтан килекен критикăра миллионшар ĕçсыннисен творчествăллă пуçарулăхĕпе пултарулăхĕ, вĕсем совет государствине çирĕплетме тăрăшни палăрса тăрать. Самокритикăпа аялтан килекен критика мĕн чухлĕ анлăрах сарăлса пырать, пирĕн халăхăн творчествăллă вăй-хăвачĕ та çавăн чухлĕ ытларах палăрма пуçлать, массăсем хăйсем çĕршыв хуçисем пулнине туйса тăрасси те вăйлăрах ӳссе, çирĕпленсе пырать»,—тенĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче.

Самокритика тата уйрăмах аялтан килекен критика лăпланса ларассине хирĕç, коммунизм патне малалла пымалли çул çинче тĕл пулакан чăрмавсене хирĕç кĕрешмелли хăватлă та шанчăклă хĕçпăшал пулса тăрать.

Çакăнтан акă мĕн тухса тăрать: коммунистăн кулленхи задачи вăл—самокритикăпа аялтан килекен критикăна вăйлатма пур майсемпе те тăрăшасси пулать; критикăпа самокритикăна вăйлатма пулăшман, аялтан килекен критикăна хĕсекен коммунист партин хисеплĕ ятне тивĕçлĕ мар.

Парти членĕ йĕркесĕрлĕхсемпе тата çитменлĕхсемпе килĕшсе тăма, вĕсем çине чунсăр пăхма пултараймасть. Кашни коммунистăн тивĕçĕ, унăн парти умĕнчи обязанноçĕ—ĕçри йăнăшсемпе çитменлĕхсем çинчен, партипе государствăна сиен кӳрекен тĕрĕс мар ĕçсем çинчен партин ертсе пыракан органĕсене, Центральнăй Комитет таранах, пĕлтерсе тăрасси пулать.

Коммунистăн парти умĕнче тĕрĕс те тӳрĕ çын пулмалла. Коммунист Тăван çĕршыва вĕçĕмсĕр юратать, аслă Ленин—Сталин партийĕн хисеплĕ ятне чĕрере тытать. Вăл нихçан та партипе государствăна суйма, тĕрĕслĕхе пытарса ултав çулĕ çине тăма, икĕпитлеме пултараймасть. Вăл çакна пĕлет: совет обществинче, çынсем хушшинчи çыхăнусем пĕр-пĕрне пулăшни тата шанса тăни çинче никĕсленсе тăракан обществăра, ултавлă ĕç туни уйрăмах сиенлĕ, вăл партипе государство интересĕсене пысăк сиен кӳме пултарать.

Коммунистсен партийĕ хăйĕн членĕсене тĕрĕслĕхпе тӳрĕлĕх тĕлĕшĕнчен кăтартуллă пулма, хăйсен йăнăшĕсене уççăн та хăюллăн йышăнма вĕрентет. «...Большевиксен обязанноçĕ,—тет Сталин юлташ,—хăйсен йăнăшĕсене шăлса лартасси мар, хăйсен йăнăшĕсем пирки тăракан ыйтуран пăрăнса юлма тăрăшасси мар,—кун пекки вара пирĕн хушăра час-часах пулать-ха,—хăйсен йăнăшĕсене тӳррĕн те уççăн йышăнасси, çак йăнăшсене тӳрлетмелли çул-йĕрсене тӳррĕн те уççăн палăртасси, хăйсен йăнăшĕсене тӳррĕн те уççăн тӳрлетесси пулать».

Парти Уставĕ политикăллă сыхăлăх çинчен, тимсĕрлĕхе тата çăвар карсаларнине пĕтересси çинчен ыйтăва çивĕччĕн лартать, мĕншĕн тесен тимсĕрлĕх вăл партипе государство вăрттăнлăхне уçса кăтартасси патне илсе пырать.

Парти моралĕ коммунистсене яланах сыхăлăхлă пулма, партипе государство вăрттăнлăхне сыхлама хушать. Çакна коммунистăн тĕп вырăна хурса куллен пурнăçласа пымалла. Коммунист нихçан та Сталин юлташ çапла кăтартса панине манма пултараймасть: пирĕн çĕршыв тăшманла капитализмла йĕритавралăхра пурăнать, тăшман пур майсемпе те хăйне интереслентерекен вăрттăнлăхсене пĕлме тăрăшать. Сыхăлăх вăл—коммунистăн чи кирлĕ пахалăхĕ.

3.

Парти членĕн Уставра çырса хунă обязанноçĕсем коммунист хăйне-хăй мĕнле тыткаламаллине кăтартса параççĕ, Ленин—Сталин партийĕ хăйĕн членĕсене воспитани парса çирĕплетнĕ паха сăнара палăртса тăраççĕ. Уставра коммунист хăйне-хăй тыткаламалли йĕркесене тата вăл мораль тĕлĕшпе мĕнле пулмаллине çырса хунă, çак пахалăхсем ленинла-сталинла сăнарлă деятеле, хăйĕн Тăван çĕршывне, хăйĕн халăхне, хăйĕн партине хĕрӳллĕн юратакан совет патриотне сăнласа паракан пахалăхсем пулса тăраççĕ. Коммунистсене çавăн пек пахалăхсем пани—пирĕн партин пысăк çĕнтерĕвĕ пулать, унăн шалти никам çĕмĕрейми тĕрекне яр-уççăн кăтартса парать. Коммунистсене çакăн пек пахалăх парса вĕрентни вăл пирĕн партин пысăк çĕнтерĕвĕ пулать, унăн вăйĕпе хăватне, унăн шалти никам çĕмĕрейми тĕрекне яр-уççăн кăтартса парать.

Сталин юлташ çапла кăтартса панă: совет обществи пурнăçĕнче эпир тĕл пулакан хирĕçӳсене çĕнсе малалла кайса пынă пирки, пирĕн пурте идеальнă мар-ха, юрăхсăр ĕçсемпе суя çынсем те пур-ха. Çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкисене пĕтерсе çитермен чухне çавнашкал киревсĕрлĕх парти хушшине те сăрăлма пултарать. Çавăнпа та парти, совет, хуçалăх тата ытти организацисен ĕçĕнчи çитменлĕхсемпе чир-чĕрсене хирĕç кĕрешесси кашни коммунистăн кулленхи ĕçĕ пулса тăмалла.

Парти хăйĕн членĕсем умне пысăк требованисем кăларса тăратнипе пĕрлех, вĕсене çак требованисене пурнăçлама пысăк правăсем парать. Парти членĕн, парти пухăвĕсенче е парти пичетĕнче парти политикин ыйтăвĕсене ирĕклĕн те ĕçлĕн сӳтсе явнă çĕре хутшăнма; парти пухăвĕсенче партин кирек хăш работникне те критиклеме, парти органĕсене суйлама тата суйланма; хăйĕн ĕçĕ çинчен е хăйне-хăй мĕнле тыткалани çинчен решени йышăннă вăхăтра пур чухне те унта хăйне чĕнтерме требовани лартма; кирек мĕнле ыйтупа та тата заявленипе те партин кирек хăш инстанцине те, КПСС Центральнăй Комитечĕ таранах, çитме право пур.

Çитменлĕхсене хирĕç кĕрешмен, çитменлĕхсене пĕтерме пулăшман коммунист парти ĕçне пысăк сиен кӳрет. Акă мĕншĕн ĕнтĕ Устав парти решенийĕсем тĕлĕшпе коммунистсем хăйсене пассивлă тата формально тыткалани, партипе государство дисциплинине пăсни, критикăна хĕссе тата путарса лартни, парти умĕнче тĕрĕс мар пулни, партие ултални, партипе государство вăрттăнлăхне уçса пани, кадрсем суйласа илес тĕлĕшпе парти принципĕсене пăсни парти ретĕнче пулмалла мар ĕçсем тесе пĕлтерет.

Коммунистсем хăйсен обязанноçĕсене çителĕксĕр пурнăçланине кăтартакан фактсене хирĕç кĕрешме партин Центральнăй Комитечĕ çумĕнче Партиллĕ Контроль Комитечĕ туса хунă. Партиллĕ Контроль Комитечĕ парти членĕсемпе кандидачĕсем парти дисциплинине тытса пынине тĕрĕслет, парти программипе Уставне, партипе государство дисциплинине пăсса айăпа кĕнĕ коммунистсене, çавăн пекех тата парти моральне пăсакансене ответ тыттарать.

* * *

Партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене совет халăхĕ пысăк хавхаланупа йышăнса илчĕ. Çак решенисенче совет çыннисем партин тата Сталин юлташ халăхшăн, юратнă Тăван çĕршыва чечеклентерсе унăн хăватне ӳстерессишĕн тăван атте пек тăрăшнине кураççĕ. Совет çыннисен ăсĕпе чĕрисене пĕр ĕмĕт — коммунизм тумалли сталинла программăна пурнăçа кĕртессине хăвăртлатас ĕмĕт хавхалантарать.

Съезд решенийĕсемпе хавхаланнă коммунистсем творчествăллă ĕçре, пултарулăхпа паттăрлăх кăтартса, коммунизм обществи тăвакансен малти речĕсенче пыраççĕ.

М. ЖУРАВКОВ.

# Америка империалисчӗсем Скандинавире сӗмсӗрленни

Ку чухнехи тӗнчери хӑрушӑ-тӑрӑвӑн уйрӑмлӑхӗсенчен пӗри çакӑ пулать,—тесе кӑтартса панӑ Г. М. Маленков юлташ КПСС XIX-мӗш съездӗнче тунӑ докладра,—агрессиллӗ тӗп держава пулса тӑракан Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсем ытти капитализмлӑ çӗршывсене, пуринчен ытла Çурçӗр Атлантика блокне кӗрекен çӗршывсене, çавӑн пекех тата тӗнчери иккӗмӗш вӑрçӑра парӑнтарнӑ çӗршывсене—Хӗвеланӑç Германие, Италие, Японие хӗçине тӑрсах вӑрçӑ патне хӑвалаççӗ. Хӗвеланӑç Европӑри капитализмлӑ государствӑсем халӗ ӗнтӗ, чӑннипе илсен, хӑйсен нациллӗ политикине пӑрахӑçа кӑлараççӗ, Америка империалисчӗсем хушакан политикӑна тытса пыраççӗ, хӑйсен территорийӗсене Америкӑна çар базисемпе плацдармӗсем тума пápaççӗ.

Г. М. Маленков юлташ докладра каланӑ çак тӗп шухӑшсене, уйрӑммӑн илсен, юлашки çулсенче Скандинави çӗршывӗсенче пулса иртнӗ ӗçсем лайӑх çирӗплетсе параççӗ.

США Скандинави çӗршывӗсем тӗлӗшпе тытса пыракан политика унӑн агрессиллӗ политикинчен тухса тӑрать. Вӑл ют çӗршывсен территорийӗсемпе тата çарӗсемпе усӑ курма шутлать.

США-ри ертсе пыракан ушкӑнсем Скандинави çӗршывӗсем тӗлӗшпе тытса пыракан политика юлашки вӑхӑтра ытла та чӑрсӑр, ытла та киревсӗр пулма пуçларӗ. Тӗнчипе пуç пулса тӑма ӗмӗтленекен Америка империалисчӗсем, «доллар парса пулӑшмалли» ялавпа витӗнсе, Скандинави çӗршывӗсене экономика енӗпе пӑхӑнтарас ӗçе вӗсене оккупациленипе вӗçлесе çитереççӗ.

Чи малтан ку шӑпа Исландие пырса тиврӗ. Çак пысӑках мар государствӑна экономика тӗлӗшпе пӑхӑнтарса, Америка империалисчӗсем майӗпенех оккупациленӗ çӗршыв туса хучӗç. Малтан США Исланди влаçӗсене Кефлавикра Америкӑн сывлӑш-çар базисене «вӑхӑтлӑха» тытса тӑма хӗтӗртрӗ, унтан вара, Исландире Вашингтона майлӑ правительство туса хурса, Исландипе килӗшӳ турӗç. Çак килӗшӳ тӑрӑх США утрав çине хӑйӗн çарӗсене илсе пыма пултарать. Ку вӑл 1951 çулхи май уйӑхӗнче пулнӑ. Тепӗр икӗ кунтан Кефлавика Америка самолечӗсем пырса çитеççӗ те десант антараççӗ. Исландин хӑйӗн пӗр салтак та çук. Çапла вара, вӑл оккупациленӗ çӗршыв пулса тӑчӗ.

Америка империалисчӗсем Дани çӗршывӗн Гренланди утравне туртса илес тӗлӗшпе те çак меслетсемпех усӑ курчӗç. Малтан вӗсем, Дани вӑйсӑр пулнипе тата вӑрçӑ хыççӑн экономика тӗлӗшӗнчен Уолл-стрита пӑхӑнса тӑма пуçланипе усӑ курса, Гренландире хӑйсен çар базисене сыхласа хӑварчӗç. Малалла вӗсем, Дани Çурçӗр Атлантика блокне кӗнипе усӑ курса, Гренландире хӑйсен базисене лайӑхлатма тытӑнчӗç. Юлашкинчен, 1952 çулхи çуркунне, Дани правительстви, США хушнине пула, «Гренланди çинчен тунӑ килӗшӳ» çине алӑ пусать. Çак килӗшӳ американецсене утрав çинче хуçа пулма тата агрессиллӗ ӗçсем валли усӑ курма ирӗк парать. Америка империалисчӗсем утравӑн çурçӗр пайӗнче «Блю Джей» ятлӑ база туса хунӑ. Вӑл, «Юнайтед стейтс ньюс энд Уорлд рипорт» журнал каланӑ тӑрӑх, «Америкӑн Арктикӑри тӗп бази пулса тӑрать».

Исландипе Гренландие оккупацилени Америка Скандинави çӗршывӗсем тӗлӗшпе тытса пыракан империалистла политика мӗн патне илсе çитерме пултарнине пуринчен те уççӑнрах кӑтартакан тӗслӗх пулса тӑрать. Данипе Норвегие те çакнашкал малашлӑх хӑратса тӑрать.

Дани правительстви малтан Маршалл планӗ тӑрӑх, унтан Çурçӗр Атлантика пакчӗ тӑрӑх йышӑннӑ обязательствӑсемпе усӑ курса тата хӑйӗн Копенгагенри агентури урлӑ ӗçлесе, США Дание хӑйӗн агрессиллӗ политикин хӑрушӑ çулӗ çине тӑратрӗ. Данири пуç пулса тӑракан ушкӑнсем, Вашингтон хушнине пурнӑçласа, хӑйсен çӗршывне милитаризацилеççӗ, ӑна Америкӑн хӗçпӑшаллӑ вӑйӗсем оккупацилемелле тӑваççӗ.

Дани çар расхочӗсем валли çуллен миллиард крон ытла укçа расходлать, урӑхла каласан, ку ӗç валли бюджетри укçан 30 процентне каять.

Нумаях пулмасть Данин оборона министрӗ Харальд Петерсен уççӑнах çакна йышӑннӑ: çӗршывра çар аэродромӗсемпе казармӑсем васкавлӑн тӑвасси Дани территорийӗнче Америкӑн хӗçпӑшаллӑ вӑйӗсене вырнаçтарассипе таччӑн çыхӑнса тӑрать, тенӗ. Çакӑн пек калани тата государствӑн ытти деятелӗсем те çакнашкал каланисем Дани общественноçне питех те тарӑхтарса ячӗç. Халӑх ют çӗршыв оккупацине хирӗç хытӑ тӑни çинчен, тӗслӗхрен, Копенгаген правителӗсем Америка çарӗсене Дани территорийӗ çинче вырнаçтарасси çинчен тӑракан ыйтӑва парламентра сӳтсе явассинчен хӑрани лайӑх каласа парать. Çапла ӗнтӗ Дани утравне—Гренландие оккупациленӗ хыççӑн Америка империалисчӗсемпе вӗсен Копенгагенри агентури Дание хӑйне те, çавӑн пекех Норвегие те оккупацилеме хатӗрленеççӗ.

Америкӑн Ослора пулнӑ посолӗ Бай сӗмсӗррӗн каланӑ тӑрӑх, Норвеги «США валли çар активӗ пулса тӑчӗ». Норвегие милитаризацилени тата вӑл Вашингтон хушнисене пӑхӑнса тӑни çак çӗршыва утӑм хыççӑн утӑм США çар плацдармӗ пулса тӑрасси патне илсе пырать.

Çурçӗр Атлантика блокне кӗриччен Норвегин çар расхочӗсем бюджетра 3 процентран ытла йышӑнман пулсан, 1949—1950 çулсенче çак расходсем бюджетӑн виççӗмӗш пайӗ пулнӑ. 1952 çулта вара 40 процента çитнӗ. Вӑрçӑчченхи çулсемпе танлаштарсан, Норвеги çар ӗçӗсем валли кӑларакан расход 30 хут ӳснӗ!

Данире те, Норвегире те буржуаллӑ партисем хӑйсен парламенчӗсене пӗр пек сӗнӳсем тӑратнӑ, вӑл сӗнӳсем çак çӗршывсен конституцийӗсенчи хӑшпӗр статьясене улӑштарма кирли çинчен калаççӗ. Çак улшӑнусем тӑрӑх, конституци государство влаçӗсене паракан правӑсене «пӗтӗм тӗнчери влаçсене пама... пултараççӗ». «Пӗтӗм тӗнчери влаçсем» тесе, паллах, Атлантика блокӗн тата «Европа совечӗ» тенӗскерӗн çарӗсен командованине—Америка командованине калаççӗ.

Америка империализмӗ хӑйӗн аллисене Скандинавири чи пысӑк çӗршыв—Швеци патне те тӑсать. Халӑхӑн анлӑ массисем хыттӑн хирӗç тӑнине пула, ку таранччен Швеци агрессиллӗ Çурçӗр Атлантика блокне кӗмен-ха. Апла пулсан та, Швеци те Америка политикин йывӑрлӑхне тӳсет. Стокгольмри пуç пулса тӑракан ушкӑнсем Америка политикипе килӗшеççӗ. Ахальтен мар ӗнтӗ «Юнайтед стейтс энд Уорлд рипорт» журнал Швеци çинчен: «Европӑра, Англие шутламасан, оборонӑшӑн Швеци пек нумай ӗçлекен пӗр çӗршыв та çук пулмалла», тесе çырать. Швеци çар ӗçӗсем валли 1952—1953 финанс çулӗнче 1.650 миллион крон укçа уйӑрнӑ. Çак укçаран пысӑк пайӗ Америка авиацийӗ валли сывлӑш-çар базисем тума каять. Юлашки вӑхӑтра Америкӑпа Швеци çар ведомствисем хушшинчи çыхӑну вӑйланнӑ. Çакна май океан леш енчен Швецие çар материалӗсем, вӑл шутра радар оборудованийӗ нумай тӑратаççӗ. Çак фактсем енчен пӑхсан, Финляндири демократиллӗ хаçатсем: США-па Швеци хушшинче çар тӗлӗшпе вӑрттӑн килӗшӳ тунӑ, тесе çырни ӑнланмалла пулса тӑрать. Халӑх тарӑхӑвӗнчен хӑраса, Швеци правителӗсем хӑйсен ӗçӗсене халӑхран пытараççӗ.

Анчах та США планӗсемпе вӗсен ӗмӗчӗсене Скандинави халӑхӗ ытларах та ытларах хирӗç тӑрать.

Ноябрь уйӑхӗнче Осло хулинче çурçӗрти çӗршывсенчи миршӗн кӗрешекен рабочисен конференцийӗ пулса иртрӗ. Конференци, Америкӑн империалистла политикине хирӗç тӑрса, Скандинави государствисенчи ертсе пыракансем çав политика майлӑ пулнине сивлерӗ. Ун умӗн Стокгольмра пулса иртнӗ çурçӗрти çӗршывсенчи миршӗн тӑракансен конгресӗ пекех, конференци Дани, Норвеги, Швеци, Исланди халӑхне Америка политикине хирӗç, Скандинави çӗршывӗсем агрессиллӗ çар блокӗсене хутшӑнассине хирӗç татӑклӑн кӗрешме чӗнсе каларӗ.

Конференци чӗнсе каланисене пурнӑçласа, Данипе Норвегири ӗççыннисен анлӑ массисем хӑйсен çӗршывӗсенче ют çӗршывсен, урӑхла каласан, Америкӑн хӗçпӑшаллӑ вӑйӗсене вырнаçтарассине хирӗç кӗрешессине вӑйлатса пыраççӗ. Прогрессивлӑ организацисемпе хаçатсем çеç мар, нумаях пулмасть-ха Вашингтонпа килӗштерсе ӗçлес политика майлӑ тӑнӑ çынсем те нумайӑшӗ Америка империализмне хирӗç кӗрешеççӗ. Данири шалти ӗçсен министрӗ пулнӑ Бертель Дальгорд çапла каланӑ: Дани Çурçӗр Атлантика блокне кӗнинчен тухса тӑракан ӗçсем — «блока кӗрессишӗн кӗрешнӗ партисем те çакӑн пек пуласса шутласа илме пултарайман ӗçсем патне илсе çитерчӗç», тенӗ. Çакӑнпа пӗрлех вӑл ют çӗршыв çарӗсене хӑйсен çӗршывӗнче вырнаçтарма юраманни çинчен каланӑ. Норвегири паллӑ профессор Кристен Андерсен хаçатсенче статья пичетлесе кӑларнӑ. Унта вӑл, Данипе Норвегире хальхи вӑхӑтра пулса тӑнӑ ӗçсене хак парса, çапла çырать: «Халӗ ӗнтӗ, тем пек йывӑр пулсан та, Данипе Норвеги хӑйсем государство пулса тытӑнса тӑрасси хӑрушлӑх умӗнче тӑнӑшӑн хӑйсене хӑйсем кӑна айӑплама пултараççӗ. Атлантика пактне кӗнипе пулса тӑнӑ ларутӑрӑва малтанах курса тӑмалла пулнӑ».

Исланди халӑхӗ Америка оккупацине хирӗç кӗрешме пӑрахмасть. Нумаях пулмасть çак пӗчӗк çӗршывра пӗтӗмӗшле забастовка пулса иртнӗ. Çиелтен пӑхсан вӑл рабочисемпе служащисен ӗç укçине ӳстерессишӗн тата пурнӑçпа ӗç условийӗсене лайӑхлатассишӗн кӗрешмелли лозунгпа иртнӗ. Анчах Исланди ӗçхалӑхӗ хӗн-хур курса пурӑнасси Америка чуралантарнинчен, Америка оккупациленинчен килнине кам пӗлмест вара!

Америка империалисчӗсен агрессиллӗ политикине хирӗç Швецире те кӗрешӳ вӑйланса пырать. Çакна влаçра тӑракан социал-демократла партин органӗ «Морген-тиднинген» хаçат та шута илмесӗр тӑма пултараймасть. Хӑйӗн влиянине çухатас мар тесе, хаçатӑн ирӗксӗрех Швецие Америка çар блокне кӗртессине хирӗç тӑма тивет. Вӑл çапла çырать: «Америка океан урлӑ ярса паракан çар пулӑшӑвӗ мӗне пӗлтерни çинчен калас пулсан, икӗ çул хушшинче Корея тӗслӗхӗ тӑрӑх ӑнланса илме май пулчӗ ӗнтӗ».

Скандинави халӑхӗсем хӑйсен пӗтӗм вӑйне Америкӑн вӑрӑ-хурахла империализмне хирӗç тата унӑн Скандинави çӗршывӗсенчи агентурине хирӗç кӗрешме мобилизацилеççӗ.

**П. РЫСАКОВ.**



Корея халӑхӗ интервентсене хирӗç паттӑр çапӑçать.
УКЕРЧӖК ÇИНЧЕ: Демократиллӗ Халӑх Республикин Геройӗ, партизанка Ли Су Дек.



Ост металлурги комбиначӗ—Демократиллӗ Германи Республикинчи чи пысӑк предприятисенчен пӗри.
УКЕРЧӖК ÇИНЧЕ: Ост металлурги комбиначӗн 3-мӗш домни.
ЦЕНТРАБИЛЬД фотоӳкерчӗкӗ.

# Корейӑри ӗçсем

## ХАЛӐХ ÇАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх çарӗн Главнӑй командованийӗ паян пӗлтернинче çапла каланӑ: Халӑх çарӗн соединенийӗсемпе Китай халӑх добровольцӗсен чаçӗсем Америкӑпа Англи интервенчӗсене тата Ли Сын Ман çарӗсене хирӗç оборонӑра тӑрса çапӑçаççӗ.

Халӑх çарӗн зенитнӑй чаçӗсем тата самолетсене хирӗç кӗрешекен салтакӗсем паян тӑшманӑн 3 самолетне персе ӳкернӗ.

ПХЕНЬЯН, мартӑн 4-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх çарӗн Главнӑй командованийӗ паян çапла пӗлтернӗ: Халӑх çарӗн соединенийӗсемпе Китай халӑх добровольцӗсен чаçӗсем Америкӑпа Англи интервенчӗсен тата Ли Сын Ман çарӗсене хирӗç оборонӑра тӑрса çапӑçаççӗ.

Самолетсене хирӗç кӗрешекен салтаксем тӑшманӑн икӗ самолетне персе ӳкернӗ.

# Америкӑпа Англи блокӗ Корея ыйтӑвне тӗплӗн сӳтсе явма чарасшӑн

НЬЮ-ЙОРК, мартӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). ООН Генеральнӑй Ассамблейин Политика комитечӗ ӗнер Корея ыйтӑвне çӗнӗрен сӳтсе явма тытӑннӑ. Ирхи ларура Куба, Бельги, Эквадор представителӗсем тухса каланӑ, вӗсем США представителӗ Лодж элеклесе калани майлӑ тӑнӑ.

Кӑнтӑрлахи ларура Совет Союзӗн делегаци пуçлӑхӗ А. Я. Вышинский сӑмах тухса каланӑ.

СССР Ют çӗршыв ӗçӗсен министрӗ мӗн каласассине пурте питех те интересленсе кӗтнӗ. Лару уçӑлас умӗн нумай малтан делегатсен, пичет представителӗсен вырӑнӗсене пӗтӗмпех йышӑннӑ тата халӑх туллиех пухӑннӑ. СССР представителӗ тухса каланине итлесшӗн пулнисем нумай пухӑннӑ пирки ООН секретариачӗн ирӗксӗрех Опека совечӗн ларӑвӗсен залне уçма, унта репродукторсем лартма тивнӗ. Çав репродукторсем тӑрӑх А. Я. Вышинский сӑмахне итлеме ку зала халӑх тата ООН секретариачӗн служащийӗсем туллиех пухӑннӑ.

А. Я. Вышинский хӑйӗн сӑмахӗнче фактсем питех те нумай илсе кӑтартнӑ тата ыйтӑва тӗплӗн ӑнлантарса панӑ. Унӑн сӑмахне делегатсем, пичет представителӗсем тата зала пухӑннӑ халӑх тимлӗ итленӗ.

Америка делегачӗ Лодж тунӑ заявленийӗн уйрӑм вырӑнӗсем пирки А. Я. Вышинский питӗ тӗрӗс тата çивӗч сӑмахсем каланӑ. Çав сӑмахсене илтсен залра ларакансем темиçе хутчен кулса тата пӗр-пӗрине каласса илнӗ.

Совет делегацийӗн пуçлӑхӗ каланӑ сӑмах итлекенсене тарӑн шухӑша ан ятӑр тесе, США представителӗ Лодж Вышинский айӑпласа каланӑ сӑлтавсене нимӗнпе те сирсе яма май килмен сӑлтавсене, хирӗç ответлеме хӑтланса пӑхнӑ, анчах вӑл ун пек хӑтланни ӑнаçлӑ пулман. Вӑл темиçе минут хушши ним тӗлли-паллисӗр каланӑ, унӑн сӑмахӗ питӗ ӑнаççӑр вӗçленнӗ. Вӑл каласа пӗтернине комитет председателӗ сиссе те юлайман, вара чылай вӑхӑт хушши залра шӑп тӑнӑ.

Лодж тухса каланӑ хыççӑн комитет председателӗ Муниз Корея ыйтӑвӗпе тухса калакан ораторсен списокне мартӑн 3-мӗшӗнче, каçхине 6 сехетре хупма, тухса калама чарма сӗнӳ панӑ.

Муниз çавӑн пек сӗнӳ панинчен Америкӑпа Англи блокӗ Корея ыйтӑвне Политика комитетӗнче тӗплӗн сӳтсе явма чарасшӑн пулни, Корейӑри вӑрçа пӗр тӑхтаса тӑмасӑрах чарса лартасси тата Корея ыйтӑвне мирлӗ майпа йӗркелесси çинчен решени йышӑнма парасшӑн мар пулни палӑрнӑ.

СССР делегацийӗн пуçлӑхӗ А. Я. Вышинский комитет председателӗн сӗнӗвне хирӗç каланӑ.

Эпӗ çапла сӗнӳ паратӑп,—тенӗ Вышинский,—ыран—мартӑн 3-мӗшӗнче — ораторсен списокне хупмалла мар, ытти представительсем тухса каличчен çак списока хупма тӑхтамалла. Сӑмах илнисем мӗн каланине кура, тен, ытти ораторсен те тухса калама тивет пулӗ.

Çак пренисене хӑшпӗр делегацисем малалла тӑсасшӑн мар пулни çинчен зал тулашӗнче сӑмах çӳренине эпӗ пӗлетӗп. Çавӑн пек шухӑша эпӗ тӗрӗс мар тесе шутлатӑп. Ку ыйтӑва кун йӗркине кӗртнӗ пулсан, ӑна Комитетпа Ассамблейӑн пур енчен те тӗплӗн сӳтсе явас пулать.

Эпир Корея ыйтӑвне питех те пысӑк пӗлтерӗшлӗ ыйту тесе шутлатпӑр, çавӑнпа та хамӑрӑн çак сӗнӗве тӑратӑтпӑр. Çак сессире, тен, Корейӑри вӑрçа пӗтӗмпех чарса лартас пирки каласса татӑлма та май килӗ тесе шутлатпӑр. Ку — тӗп ыйту. Кирек мӗнле хирӗçӳсем пулсан та, çакӑ вара—тӗп ыйту. Ку ыйтӑва чӑннипех те тӗплӗн сӳтсе явма май памалла ӗнтӗ, кунта калама шутлакансем хӑйсен политикӑллӑ шухӑш-кӑмӑлсем пирки лайӑхрах шутласа пӑхма пултарччӑр. Çак вӑхӑтрах пире халӗ ку ыйтӑва сӳтсе явассине чарса лартма, ыран пренисене чарса лартма, тепӗр кунне урӑх ыйту çине куçма тата ытти те сӗнеççӗ. Апла пулсан, каллех Корейӑра юн тӑкӑнӗ.

Совет делегацийӗ çавӑн пек сӗнӗве тӗрӗс мар тесе шутлать тата çак сӗнӳ вӑл тӗплӗн сӳтсе явмалли пысӑк ыйтӑва сӳтсе явма чарни пулать тесе шутлать. Ку вӑл эпир хамӑр ӗçре тӗп вырӑна хуракан интересене—вӑрçа чарса лартас, мире тӗреклетес, Инçет Хӗвелтухӑçӗнче мирлӗ пурнӑç тӑвас интересене хирӗç пырать.

Ку ыйту тӑрӑх дискусси пынӑ хыççӑн Комитет ораторсен списокне мартӑн 4-мӗшӗнче хупасси çинчен калакан сӗнӗве йышӑннӑ. Ку сӗнӳшӗн 40 делегаци, çав шутра Совет делегацийӗ те, сасӑланӑ.

# Тӗл перекенсен ӑмӑртӑвӗ вӗçленнӗ

Совет Çарӗпе Тинӗс-Çар Флочӗ 35 çул тултарнӑ ятпа Совет Союзӗнчи хуласем хушшинчи тӗл перекенсен ӑмӑртӑвӗ вӗçленнӗ. Ӑмӑртӑва Мускаври, Ленинградри, Владивостокри, Одессӑри, Свердловскра, Читари, Тбилисири, Омскри, Томскри, Кироври, Челябинскри тата çӗршывӑн ытти хулисенчи вӑйлӑ спортсменсем хутшӑннӑ.

Пистолетран 25 метртан силуэтсем çине хӑвӑрт перес тӗлӗшпе Одесса команди чаплӑ çитӗнӳ тунӑ. Вӑл, 298 хут тивертсе, 3.000 очко илме май пур çӗртен 2.679 очко пухнӑ. Çак упражнени енӗпе Мускав команди, 294 хут тивертсе, 2.631 очко илнӗ.

Ленинград команди те лайӑх тӗслӗх кӑтартнӑ. Пӗчӗк калибрлӑ винтовкӑран 50 метртан персе, вӑл 3.000 очко илме май пур çӗртен 2.840 очко илнӗ.

(ТАСС).

# Шыв арманӗсене çурхи шыв çӗмӗресрен сыхласа хӑварар

Республикӑри колхозсенче 300 шыв арманӗ ытла, вӗсен хӑвачӗ 3 пин лаша вӑйӗ чухлӗ шутланать.

Çурхи шыв-шур вӑхӑтӗнче армансен пӗвисене нумай чухне шыв çӗмӗрсе хӑварать. Вӗсем 2—3 уйӑхлӑха юрӑхсӑра тухаççӗ, кун пек чухне вӗсене юсама йывӑç, ӗç вӑйӗ нумай кирлӗ.

Хӑшпӗр чухне тата çурхи шыв армансен гидротехникӑллӑ тата производствӑллӑ сооруженийӗсене иле-иле кайса та колхозсен хуçалӑхне пысӑк сиен кӳрет.

Çавӑнпа та пӗвесенчи шыва çурхи шыв-шур пуçланичченех кӑларса яма хатӗрленмелле.

Çанталӑк ӑшӑта пуçласан, пӗвен çиелти пайне хӗвел çутинчен упрамалла, пӗве çине 0,5 метр хулӑнӑш типӗ улӑм сарса тухмалла.

Тӑпраран тунӑ арман пӗвисене сыхласа хӑварасси çыран хӗрринчи тата пӗва çывӑхӗнчи пӑрсене вӑхӑтра вакланинчен, пӑрçӗмӗренсемпе щитсене пӑртан тасатнинчен нумай килет. Пӑр шывпа пӗрле çӗкленсен сахал сиен тӑвать.

Шыв кӑларса ямалли затворсене, каçса çӳремелли кӗперсене вӑхӑтра илсе хумалла, мӗншӗн тесен пӑр кайнӑ чухне вӗсене хӑйпе пӗрле юхтарса кайма пултарать.

Уйрӑмах шыв тулса кайнипе армана шыв илессинчен сыхӑ тӑмалла. Пӑр кайнӑ вӑхӑтра армансенче ирпе-каçпа дежурство пулмалла. Пӗве çурӑлса каясмӗн пулсан, ӑна вӑхӑтра питӗрсе хума çывӑхра чул, çапӑ, улӑм, пӗрене, тӑпра çителӗклӗ пулмалла. Вӗренсем, пакурсем, хунарсем йӗркеллӗ пулма тивӗç.

Çак çӳлте асӑннӑ мероприятисем çурхи шыв-шур вӑхӑтӗнче армансене, тӗрлӗ пӗвесене сыхласа хӑварма нумай пулӑшаççӗ.

**Г. АПАНАСОВ,**
инженер.

# Канашран килнӗ хыпарсем

☆ **Техникӑллӑ библиотекӑра.** Чугун çул узелӗн библиотекине кунсеренех çынсем нумай пухӑнаççӗ. Кунта пропагандистсемпе агитаторсем, чугун çул транспортӗнчи инженерсемпе техниксем, мастерсемпе диспетчерсем, рабочисем те йышлӑн пулаççӗ. Вӗсем техника çинчен çырнӑ хаçат-журналсем, кӗнекесем вулаççӗ, лекци е доклад итлеççӗ.

Библиотека залӗнче техникӑллӑ кӗнекесем тӑрӑх вулакансен конференцисем пулса иртеççӗ.

☆ **Автопарк ӳсет.** Хулара автомашинӑсен шучӗ çулсеренех нумайланса, автотранспортӑн ӗçӗ лайӑхланса пырать. Халӗ хулари автотранспорт кантурӗн кӑна груз турттармалли автомашинӑсем 20 ытла, тӗрлӗ маркӑллӑ автобуссем 7 шутланаççӗ.

☆ **Пысӑк выляв.** Нумаях пулмасть кил хуçи хӗрарӑмӗ Е. И. Капустина юлташ хулари перекет кассине пырса заем облигацисене тӗрӗслеттернӗ. Вӑл 50 тенкӗлӗх облигаципе 12.500 тенкӗ выляса илнӗ.

Кӑçалхи икӗ уйӑх хушшинче хулари перекет касси 406.325 тенкӗ выляв укçи тӳленӗ. Нумай ӗççыннисем выляв укçине перекет кассине хураççӗ.

Январьпе февраль уйӑхӗсенче вкладсен хисепӗ 302 пин тенкӗ ӳснӗ.

☆ **Телефон-автоматсем.** Хулари çыхӑну кантурне телефон-автоматсем илсе килчӗç. Вӗсене автотранспорт кантурӗн пассажирсем кӗтсе тӑмалли павильона тата çыхӑну кантурӗн пысӑк залне вырнаçтарнӑ.

Çитес вӑхӑтра телефон-автоматсем татах кӳрсе килеççӗ.

☆ **Артель тупӑшӗ.** «Дружба» промысла артелӗ—хулари чи вӑйлӑ артельсенчен пӗри. Артель хуçалӑхӗ çулран-çул ӳссе, аталанса пырать. 1952 çулта артель пӗтӗмпе продукци туса кӑлармалли плана 162,6 процент тултарнӑ, планран ирттерсе 3 миллион та 450 пин тенкӗ тупӑш илнӗ. Ассортимент тӑрӑх тавар туса кӑлармалли плана чылай ӳстернӗ, ӗçре брак тӑвассине пӗтернӗ.

Иртнӗ çул артель хӑма çурмалли, вӗрен явмалли, электросваркӑ тумалли цехсем уçнӑ. Рабочисене пурӑнмалли 7 сурт, 250 çын вырнаçмалӑх клуб туса лартнӑ. Столярно-механически цехсене, щётка тумалли, çӑкӑр пӗçермелли цехсенче ӗçе механизациленӗ.

# Малта пыракан предприятисем

БУДАПЕШТ, мартӑн 2-мӗшӗ. (ТАСС). Венгри Халӑх Республикин Министрӗсен Совечӗ тата Венгрири Профсоюзсен совечӗн Президиумӗ 1952 çулхи плана тултарассишӗн тата ирттерсе тултарассишӗн пынӑ социализмлӑ ӑмӑртура малтанхи виçӗ вырӑна йышӑннӑ предприятисен коллективӗсене наградӑласси çинчен постановлени йышӑннӑ. Сӑрт-ту тата энергетика промышленноçӗнче пӗрремӗш вырӑна Боршобри çӗр кӑмрӑк тресчӗпе «Банялютачдьяр» завод йышӑннӑ. Вӗсене Министрсен Совечӗпе Профсоюзсен совечӗн Президиумӗн куçса çӳрекен ялавне панӑ.

Боршобри çӗр кӑмрӑк тресчӗ çулталӑкри производство планне 101,3 процент тултарнӑ. Трест работникӗсен коллективне 950 пин форинт укçа парса премиленӗ.

«Банялютачдьяр» завод производство планне 120,4 процент тултарнӑ. Продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли плана завод 6,5 процент ирттерсе тултарнӑ. Завод коллективне çавӑн пекех 50 пин форинт укçа парса премиленӗ.

Металлургипе машиностроенире Матиас Ракоши ячӗпе тӑракан комбинатӑн тимӗрçӗ завочӗ пӗрремӗш вырӑн йышӑннӑ. Завод çулталӑк планне 105,1 процент тултарнӑ. Завод коллективне куçса çӳрекен ялав [illegible]100 пин форинт укçа парса п[illegible]

Çӑмӑл [illegible]енноçра малти вырӑна «Маль[illegible]çар» пир-авӑр фабрики тухнӑ. [illegible]çулталӑкри плана 101,5 процент тултарнӑ. Фабрика коллективне 150 пин форинт укçа парса премиленӗ.

Çавӑн пекех халӑх хуçалӑхӗн ытти отраслӗсенчи чылай предприятисен коллективӗсене те наградӑланӑ.

# Болгарипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществисен Союзӗн съезчӗ

СОФИЯ, мартӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Паян София хулинче Болгарипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществисен Союзӗн пиллӗкмӗш съезчӗ уçӑлнӑ. Çак обществӑсем вӗсем Болгарири чи массӑллӑ организацисенчен пӗри пулса тӑраççӗ. Съезд ӗçне пин ытла делегатсемпе хӑнасем хутшӑнаççӗ. Хӑнасем хушшинче — Китай Халӑх Республики, Польша, Чехословаки, Венгри, Румыни, Демократиллӗ Германи Республики çӗршывӗсемпе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществисен представителӗсем.

Съезд ӗçне Болгарири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн секретарӗ тата Болгари Министрӗсен Совечӗн председателӗ Вылко Червенков, Болгарири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Политбюро членӗсем, ССР Союзӗн Болгарири посолӗ М. Ф. Бодров тата халӑх демократи çӗршывӗсен дипломатиллӗ представителӗсем хутшӑнаççӗ.

Съезд пысӑк хавхаланупа хисеплӗ президиума Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн И. В. Сталин ертсе пыракан Центральнӑй Комитетне, Болгарири Коммунистсен партийӗн Вылко Червенков ертсе пыракан Центральнӑй Комитетне суйланӑ. Съезда пухӑннисем тӑвӑллӑн алӑ çупаççӗ. Залра нумайччен: «Сталина—мухтав!», «Ӗмӗре пыракан туслӑхшӑн!», «Сталин, вӑл—мир!» тесе кӑшкӑрнӑ сасӑсем илтӗнеççӗ.

Болгарири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ ячӗпе съезда Болгарири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Политбюро членӗ Георгий Чанков саламланӑ.

Съездра «Болгарипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх, Болгарире социализм туни тата миршӗн кӗрешни» çинчен Болгарири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Политбюро членӗ, Болгарипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществисен Союзӗн Центральнӑй Совечӗн председателӗ Минчо Нейчев доклад тунӑ.

Болгарипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществисен Союзӗн Центральнӑй Совечӗн ӗçӗсем çинчен Центральнӑй Советӑн главнӑй секретарӗ Михаил Манев отчетлӑ доклад тунӑ. Докладчик пӗлтернӗ тӑрӑх, хальхи вӑхӑтра Болгарипе Совет Союзӗ хушшинчи обществӑсен союзӗ 1.800 пин çынна пӗрлештерсе тӑрать, Совет Союзӗнчи халӑхсемпе Болгари халӑхӗ хушшинчи туслӑ çыхӑнусене тӗреклетес тата аслӑлатас тӗлӗшпе пысӑк ӗçсем туса ирттерет. Юлашки икӗ çул хушшинче çӗршыври хуласемпе ялсенче совет промышленноçӗ, ялхуçалӑхӗ, наукипе культури аталанни çинчен 185 пин лекци вулана. Çак тапхӑр хушшинчех Совет Союзӗ коммунизм строительствинче тунӑ çитӗнӳсене кӑтартса пама 20 пин ытла выставка организациленӗ. Болгарипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществисен Союзӗ организациленӗ вырӑс чӗлхине вӗренмелли курссенче кӑçал 100 пин çын вӗренет. Болгарипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑх обществисем çӗршыв халӑх хуçалӑхӗн мӗнпур отраслӗсенче Совет Союзӗн малта пыракан опытне сараççӗ, ӑна ӗçе кӗртме пулӑшаççӗ.

Съезд делегачӗсем Георгий Димитров мавзолейӗ умне, Василь Коларов тупӑкӗ çине, Совет Союзӗн Маршалӗн Толбухинӑн памятникӗ умне тата Болгарие Турци пуçмӑрӗнчен ирӗке кӑларассишӗн çапӑçса вилнӗ вырӑс воинӗсен памятникӗсем умне чечек кӑшӑлӗсем хунӑ.

# „Нахт-экспресс" хаçат американецсем бактериллӗ вӑрçӑ хатӗрӗсене аталантарни çинчен

БЕРЛИН, мартӑн 3-мӗшӗ. (ТАСС). «Нахт-экспресс» хаçат Бонн хулинчен илнӗ пӗлтерӗве пичетлесе кӑларнӑ. Унта çапла каланӑ: февраль уйӑхӗн пуçламӑшӗнче Атлантра (Георгия штачӗ)—«ерекен чирсем сарас тӗлӗшпе ӗçлекен центрта» США-ри бактериологи лабораторийӗсемпе институчӗсен руководителӗсен вӑрттӑн канашлӑвӗ пулса иртнӗ. Унта вӑрçӑ валли çӗнӗ бактерисем аталантарасси çинчен сӳтсе явнӑ.

Çак канашлӑва хутшӑннӑ нимӗç бактериологӗ каланӑ тӑрӑх хаçат çапла çырать:

«Ерекен чирсем сарас тӗлӗшпе ӗçлекен центр» руководителӗ Эндрюс доктор канашлура бактерисемпе вӑрçӑра комплекслӑ йӗркепе усӑ курмалли меслет туса хатӗрлени çинчен доклад туса панӑ.

Çак меслет тӑрӑх, тӑшман территорийӗ çине пӗр вӑхӑтрах çынсене, выльӑх-чӗрлӗхе, тискер кайӑксене ертекен, çавӑн пекех тата ӳсентӑрансемпе шывсене чир саракан хурт-кӑпшанкӑсем темиçе хутчен пӑрахаççӗ. Эндрюс каланӑ тӑрӑх, çак комплекслӑ меслете нумай опытсем тунӑ чухне тӗрӗслесе пӑхнӑ. Ӑна Лӑпкӑ океан тӑрӑхӗнчи халӑх сахал пурӑнакан утравсем çинче, çавӑн пекех тата Корейӑра, Çурçӗр Китайра тӗрӗслесе пӑхнӑ.

Кунсӑр пуçне Эндрюс хӑвӑрт сарӑлакан çӗнӗ йышши чирсем тупни çинчен пӗлтернӗ. Çак чирсен бактерийӗсене ӗрчетес тӗлӗшпе вӑл тата унӑн сотрудникӗсем ӗçлеççӗ. Çак чирӗн вирусӗсене Колорадо штатӗнчи концентрационнӑй лагерьсенчен пӗринче тӗрӗслесе пӑхнӑ.

Доклад тӑрӑх пренире Пентагонри çар эксперчӗсем тухса каланӑ. Канашлура çавӑн пекех тата Япони бактериологӗсем пулнӑ. Вӗсене темиçе çул каялла çар преступникӗсем вырӑнне хурса айӑпланӑ пулнӑ, анчах та Америка влаçӗсем кайран вӗсене ирӗке кӑларнӑ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑç пайӗ—3-99, ялхуçалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, çырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НГ 01312 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.